ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1956 çул
Январь
4
юнкун
№ 3 (9682)
Хакĕ 20 пус.
38-мĕш çул тухать.

## Паянхи номерте:



# Оборудовани хăвачĕпе туллин усă курассишĕн

Республикăри предприятисем çулленех çĕнĕ техникăпа пуянланса пыраççĕ. Юлашки вăхăтра Шупашкарти электроаппаратура заводĕнче, пир-авăр комбинатĕнче, Улатăрти пăравуссем юсакан заводра, вырăнти промышленность предприятийĕсенче çĕнĕ станоксемпе ытти оборудовани нумай вырнаçтарса лартнă.

Техникăпа тĕрĕс, туллин усă курни ĕç тухăçлăхне ÿстерме, продукци пахалăхне лайăхлатма тата унăн хăйне ларакан хакне йӳнетме май парать. Çакна Шупашкарти электроаппаратура заводĕн ĕçĕнчен лайăх курма пулать. Ку предприятире иртнĕ пилĕкçуллăх çулĕсенче ĕç тухăçлăхĕ икĕ хут ытла ӳснĕ, продукцин хăйне ларакан хакне нумай йӳнетнĕ. Заводра детальсем туса хатĕрлемелли 10 пин штамп ытла тунă, инструментсене хĕртнĕ çĕрте нумай-частоталлă электричество токĕпе анлă усă кураççĕ. Кунсăр пуçне, рационализаторсемпе изобретательсем сĕннĕ тăрăх, нысăк тухăçлăхпа ĕçлекен механизмсемпе хатĕрсем туса ĕçе янă.

Анчах чылай çĕрте техникăн пĕтĕм хăвачĕпе усă курассишĕн тивĕçлипе кĕрешмеççĕ. КПСС Центральнăй Комитечĕн июльти Пленумĕнче тунă докладра Н. А. Булганин юлташ çапла каларĕ: Пирĕн çакăн пек фактсем те пур-ха: хамăр çĕршывра тунă тата урăх çĕршывсенчен туяннă нумай машинăсемпе çулталăкĕ-çулталăкĕпе усă курмаççĕ, вĕсем складсенче кивелсе выртаççĕ.

Çакă вăл пирĕн республикăри чылай предприятисене те тӳрех пырса тивет. Уйрăмах Канашри вагонсем юсакан заводра иртнĕ çулсенче хăватлă оборудовани нумай кӳрсе килнĕ, хăшпĕр механизмсене вырнаçтарса лартнă. Çав оборудованипе ытла та япăх усă кураççĕ. 1949 çултах литейнăй цех валли формовочнăй машина вырнаçтарса лартнă. Унтанпа пилĕк çул ытла иртрĕ ĕнтĕ. Анчах çав машинăпа халĕ те ĕçлемеççĕ, унпа никам та усă курмасть. Детальсене нумайăшне, ĕлĕкхи пекех, алă вĕççĕн формовка тăваççĕ. Çакă вăл ĕç вăйĕ нумай тăккаласси, продукци пахалăхне чакарасси патне илсе пырать. Заводра çавăн пекех сывлăш компрессорĕ, инструментсене хĕртмелли нумай частоталлă установка та ним усăсăр тăраççĕ.

Заводра механизмсемпе станоксене тухăçлă ĕçлеттерес пирки нумай калаçаççĕ, анчах ĕç çаплах малалла каймасть. Завод руководителĕсен çĕнĕ техникăна пĕтĕм хăвачĕпе ĕçлеттерме куллен тăрăшмалла. Малта пыракан технологие производствăна кĕртес ĕç çине тимлĕ пăхмалла. Уйрăмах производствăна поток меслечĕпе йĕркелес ыйтăва хăвăртрах татса пани кирлĕ.

Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбинатĕнче те халĕ усă курман оборудованипе инструментсем 613 пин тенкĕлĕх ытла выртаççĕ. Çав вăхăтрах кунти производство операцийĕсене кивĕллех тăваççĕ. Ку вăл ĕç тухăçлăхне ӳстерме, продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетме чăрмантарать. Техника хăвачĕпе туллин усă курман пирки комбинат пĕлтĕр продукци туса кăлармалли плана йĕркеллĕ тултарса пыраймарĕ.

Оборудование пĕтĕм хăвачĕпе ĕçлеттерменни, ĕç тухăçлăхĕ вăраххăн ӳсе пыни уйрăм предприятисенче ĕç дисциплини çирĕп пулманнинчен килнĕ. Нумай çĕрте ĕç вăхăтне усăсăр ирттереççĕ. Çавна пула станоксемпе механизмсем час-часах ахаль тăраççĕ. Пĕлтĕрхи виççĕмĕш кварталта Строительство материалĕсем туса кăларакан промышленность управленийĕн предприятийĕсенче 27 пин сехет ĕç вăхăтне çухатнă. Шупашкарти пир-авăр комбинатĕнче, Канашри моторсем юсакан заводра механизмсем ахаль тăрассине пĕтермен-ха.

«Чăвашвăрман» трестĕн вăрманпромхозĕсенче уйрăмах нысăк çитменлĕхсем пур. Вăрманта кашни кун планпа палăртнинчен 30—40 автомашина, 30 трактор сахалтарах ĕçлет. Техникăпа туллин усă курман пирки трест йывăç хатĕрлесе турттармалли задание тăтăшах пурнăçламасть. Анчах трестпа вăрманпромхозсен руководителĕсене çак йĕркесĕрлĕх нимĕн чухлĕ те хумхантармасть. Вĕсем вăрманта хăватлă оборудовани усăсăр тăнипе çырлахса пурăнаççĕ. Вăрман хатĕрлекен предприятисенче механизмсене юсассине тивĕçлипе йĕркелемен. Юрăхсăра тухнă машинăсем уйăхĕ-уйăхĕпе мастерскойсенче тăраççĕ, вĕсене юсама запаслă пайсем çук. Йывăç хатĕрлемелли плана йĕркеллĕ тултарса пырас тесен, вăрманпромхозсенчи мĕнпур техникăна тухăçлă ĕçлеттермелле, çапла вара кашни рабочи пуçне куллен 1—1,5 кубометртан кая мар йывăç хатĕрлеме тăрăшмалла. Çапла ĕçлеме вăрманпромхозсен условисем çителĕклĕ, вĕсем çавăн пек ĕçлеме тивĕçлĕ те.

Производство дисциплинине пăхăнман, технологи режимне çирĕп тытса пыман пирки предприятисенче брак нумай пулать. Партипе профсоюз тата комсомол организацийĕсен çĕнĕ техникăпа малта пыракан технологие производствăна кĕртсе пырассине хăйсен ĕçĕнче тĕп вырăна хумалла.

Пирĕн социализмла промышленность заводсемпе фабрикăсене çĕнĕ техника тăтăшах нумай парса тăрать. Кӳрсе килнĕ механизмсемпе станоксене çийĕнчех вырнаçтарса лартасси тата вĕсене ĕçе яраси—кашни предприятин тĕп задачисенчен пĕри. Тухăçсăр ĕçлекен оборудование реконструкцилес ыйтусене те манма юрамасть.

КПСС Центральнăй Комитечĕн июльти Пленумĕ производствăна механизацилессине вăйлатма хушса хăварчĕ. Çакна асра тытса, производство операцийĕсене пур майсемпе те механизацилеме, ĕçе хăвăртлатма пулăшакан приспособленисем тумалла. Рационализаторсемпе изобретательсем хушшинче ĕçдессине нихçанхинчен те вăйлатни кирлĕ. Рабочисемпе инженерсен паха сĕнĕвĕсене çийĕнчех пăхса тухса ĕçе кĕртесси — предприяти руководителĕсен пирвайхи тивĕçĕ.

Механизмсемпе тата оборудованипе тĕрĕс, пĕлсе усă курсан, производство лаптăкĕсене пысăклатмасăрах продукци туса кăларассине вĕçĕмсĕр ӳстерме пулать. Шупашкарти электроаппаратура заводĕнчи фрезеровщик Королев, инструментальщик Мильман, Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбинатĕнчи столяр Яхин, Канашри вагонсем юсакан заводри токарьсем Федотовпа Флегентов юлташсем пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра 8—15 çулталăк нормине тултарнă. Вĕсем пек ĕçлекен рабочисем ытти предприятисенче те нумай. Хуçалăх руководителĕсен, партипе профсоюз организацийĕсен малта пыракан производственниксен опытне тĕпчесе вĕренмелле, производствăна майăхрах организацилеме тăрăшмалла.

Уйрăмах техникăна пăхса усрасси çине тимлĕн пăхас пулать. Станоксене тĕпрен юсамасăрах нумай вăхăт хушши ĕçлеттерессишĕн кĕрешмелле. Юсав ĕçĕсене чакарнипе государство укçи-тенкине чылай перекетлесе хăварма пулать.

Промышленность работникĕсем, Коммунистсен партийĕн XX-мĕш съезчĕ ячĕпе социализмла ăмăртăва хутшăнса, çĕнĕ çулăн малтанхи кунĕсенчех пĕр тикĕс ĕçлесессишĕн, производство заданийĕсене ăнăçлă пурнăçлассишĕн кĕрешеççĕ. Предприятисенче оборудовани хăвачĕпе туллин усă курнипе продукци туса кăларассине тăтăшах ӳстерсе пыма, çулталăкĕпех пĕр тикĕс ĕçлеме рабочисене, инженерсемпе техниксене анлăн мобилизацилесси—парти тата профсоюз организацийĕсен чыслă тивĕçĕ.

# Совет делегацийĕ Демократиллĕ Германи Республикин президенчĕ Вильгельм Пик çуралнăранпа 80 çул тултарнине уявланă çĕре хутшăнма Берлина пырса çитнĕ

БЕРЛИН, январĕн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Германи Республикин президенчĕ Вильгельм Пик çуралнăранпа 80 çул тултарнă ятпа пулакан уява хутшăнма ĕнер Совет делегацийĕ Берлина пырса çитнĕ. Делегацие СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ К. Е. Ворошилов ертсе пырать. Делегаци составĕнче: П. Н. Поспелов, О. В. Куусинен, Е. Д. Стасова, Г. М. Пушкин.

Хĕвелтухăç вокзалне Демократиллĕ Германи Республикине ССР Союзĕн государство ялавĕсемпе, çавăн пекех уява хутшăнма делегацисем янă çĕршывсен государство ялавĕсемпе илемлетнĕ. Вокзалта Совет делегацине Демократиллĕ Германи Республикин Халăх палатин президиумĕн председателĕ И. Дикман, Демократиллĕ Германи Республикин премьер-министрĕ О. Гротеволь, Демократиллĕ Германи Республикин премьер-министрĕн пĕрремĕш заместителĕ тата Германири социалистсен пĕрлĕхлĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕн пĕрремĕш секретарĕ В. Ульбрихт, Германири социалистсен пĕрлĕхлĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕн Политбюро членĕсем тата ертсе пыракан ытти деятельсем, çавăн пекех Берлин общественноçĕн представителĕсем кĕтсе илнĕ.

Совет делегацине çавăн пекех урăх çĕршывсен Демократиллĕ Германи Республикин президенчĕ В. Пик çуралнăранпа 80 çул тултарнине уявлама Берлина пынă делегацийĕсен пуçлăхĕсемпе членĕсем, дипломати корпусĕн членĕсем кĕтсе илнĕ.

Совет делегацине саламлама Хĕвелтухăç вокзалне Берлинра пурăнакансем темиçе пин çын пухăннă.

Вокзал патĕнчи площадьре Берлинри ĕçсыннисен митингĕ пулса иртнĕ. Митинга Германири социалистсен пĕрлĕхлĕ партийĕн Берлинри организацийĕн пĕрремĕш секретарĕ А. Нейман уçнă. А. Нейман совет делегацийĕн руководительне СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председательне К. Е. Ворошилова тата делегаци членĕсене хĕрӳллĕн саламланă. Пухăннă халăх тăвăллăн алă çупнă, саламласа каланă сăмахсем илтĕннĕ.

Унтан митингра К. Е. Ворошилов юлташ тухса каланă. Унăн сăмахне пурте питĕ тимлĕн итленĕ. Сăмах каланă вăхăтра халăх темиçе хутчен те тăвăллăн алă çупнă.

## К. Е. Ворошилов юлташ сăмахĕ

Хаклă юлташсем, туссем!

Государство ĕçĕпе политикăлла ĕçĕн питех те паллă деятелĕ—Демократиллĕ Германи республикин президенчĕ Вильгельм Пик юлташ çуралнăранпа 80 çул тултарнă ятпа пулмалли уява хутшăнма Совет Союзĕн делегацийĕ Демократиллĕ Германи Республикин столицине—Берлина килсе çитрĕ. (Тăвăллăн, нумайччен алă çупаççĕ).

Нимĕç халăхĕпе, туслă çĕршывсен правительствисен тата тăванла компартисен представителĕсемпе пĕрле çак савăнăçлă уява хутшăнма май килнĕшĕн эпир питĕ телейлĕ. (Алă çупаççĕ).

Вильгельм Пик юлташăн—эпир пурăнакан саманари çак чаплă çыннăн пĕтĕм ĕçĕ Германи халăхĕн прогрессивнăй вăйĕсен кĕрешĕвĕпе, вĕсем ĕç халăхĕ хăйĕн çĕршывĕн, хăй тăвакан мĕнпур пуянлăхсен хуçи пулса тăракан Германи тăвассишĕн кĕрешсе пынипе çыхăнса тăрать. (Алă çупаççĕ).

Эпир çакна савăнса палăртатпăр: Германири ĕçсыннисем çавăн пек государство—Демократиллĕ Германи Республики туса хучĕç. Демократиллĕ Германи Республики кĕске вăхăт хушшинчех пысăк çитĕнӳсем турĕ. Çак çитĕнӳсем унăн мĕнпур тусĕсене савăнтараççĕ.

Демократиллĕ Германи Республики демократи лагерĕнчи çĕршывсен тăванла çемйинче унăн пĕр тан правăллă членĕн вырăнне шанчăклăн йышăнчĕ. Çак çĕршывсемпе туслă нурăнни тата вĕсемпе килĕштерсе ĕçлессине çирĕплетни Демократиллĕ Германи Республикине политика, хуçалăх тата культура тĕлĕшпе малалла ӳссе пыма, унăн тĕнчери авторитетне пĕрмаях ӳстерме пулăшĕ.

Нимĕç халăхĕ миршĕн тата хăйĕн çĕршывне çĕнĕрен пĕрлештерессишĕн тăрăшни совет халăхĕшĕн сывăх, вăл лайăх ăнланакан ĕç пулса тăрать. Демократиллĕ Германи Республикин правительстви çапла шутлать: Германие пĕрлештересси çинчен тăракан ыйтăва татса памалли пĕртен-пĕр тĕрĕс çул вăл Демократиллĕ Германи Республикипе Федеральнăй Германи Республики пĕр-пĕрипе калаçса татăлни пулать. Çак шухăшпа эпир пĕтĕмпех килĕшетпĕр. (Алă çупаççĕ).

Берлинра пурăнакансене тата Демократиллĕ Германи Республикинчи мĕнпур ĕçсыннисене Совет Союзĕнчи халăхсен ячĕçе чун-чĕререн, туслăн салам калама, Германи халăхĕн ырлăхĕшĕн хăйсен пултаруллă ĕçĕнче çĕнĕ çитĕнӳсем тумашкăн ырă сунма ирĕк парсамăр. (Тăвăллăн алă çупаççĕ).

Сывă пултăр Демократиллĕ Германи Республикин президенчĕ Вильгельм Пик! (Тăвăллăн, нумайччен алă çупаççĕ).

Сывă пулччăр Демократиллĕ Германи Республикинчи ĕçсыннисем! (Тăвăллăн, нумайччен алă çупаççĕ).

Сывă пултăр та çирĕпленсе пытăр Совет Союзĕпе Германи туслăхĕ! (Тăвăллăн, нумайччен алă çупаççĕ, «Туслăх!», «Фрейндшафт!» тесе кăшкăрса саламланисем илтĕнеççĕ).

* * *

Унтан Совет делегацине Берлинри ĕçсыннисен ячĕпе «Фортшрит» фабрика представительници Марта Ульбрихт тата техника палатин Берлинри уйрăмĕн председателĕ Пэтц инженер ăшшăн саламланă.

Митинг Германипе Совет Союзĕ хушшинчи туслăха чысласа виçĕ хутчен «урра» кăшкăрнипе вĕçленнĕ.

## ТЕЛЕГРАММА

### Унăн превосходительствине ИСМАИЛ АЛЬ АЗХАРИ господина, СУДАН Премьер-Министрне

*Хартум*

Сирĕнтен, Сирĕн Превосходительство, Судан никама пăхăнман çĕршыв пулса тăни çинчен пĕлтернĕ май Совет Правительстви ырă сунса саламланине йышăнма ыйтатăп.

Халăхсен самоопределенийĕн аслă принципне асра тытса тата Суданăн нацилле тĕрĕс шухăш-ĕмĕтне хисеплесе, Совет Правительстви Судана никама пăхăнман тата сувереннăй государство тесе шутлама йышăнни çинчен чаплăн пĕлтерет, Суданпа дипломати енĕпе тата консулсем урлă çыхăнма, суту-илӳ енĕпе çыхăну тытмалла тума пĕр-пĕрин патне дипломати представителĕсем яма хатĕр пулни çинчен пĕлтерет.

Совет правительстви çакна ĕненсе тăрать: Судан никама пăхăнман çĕршыв пулса тăни çинчен пĕлтерни, çавăн пекех ССР Союзĕпе Судан хушшинче дипломатилле çыхăнусем тытмалла туни тĕнчери çĕршывсем пĕр-пĕрипе килĕштерсе ĕçлессине аталантарма, пĕтĕмĕшле мире тата халăхсем хушшинчи туслăха тĕреклетме пулăшĕ.

Совет Союзĕнчи халăхсем Судан халăхне Суданăн государство суверенитетне çирĕплетес, унăн наци экономикине культурине аталантарас ĕçре пур енĕпе те çитĕнӳсем туса пыма ырă сунаççĕ.

**Н. БУЛГАНИН.**
**СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ.**

Мускав, Кремль. 1956 çулхи январĕн 3-мĕшĕ.

# СССР Министрĕсен Совечĕн Председательне Николай Александрович БУЛГАНИН юлташа

Улан-Баторпа Дзамын-Удэ хушшинчи чугун çула ĕçе яни çинчен çырнă акт çине официальнăй йĕркепе алă пуснă май, 1956 çулхи январĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа СССР, Монголи Халăх Республики тата Китай Халăх Республики хушшинче чугун çул çыхăнăвĕ уçăлнă май Сире, хисеплĕ Председатель юлташ, Совет Правительствине тата аслă совет халăхне хĕрӳллĕ салам калама, чун-чĕререн ырă сунма ирĕк парсамăр. Тăванла ырă пулăшу панăшăн Монголи халăхĕпе унăн правительстви Совет Союзĕнчи Коммунистсен партине, СССР Правительствине тата хăйĕн хăватлă та яланхи шанчăклă тусне—совет халăхне чун-чĕререн тав тăваççĕ. Çак пулăшу маларах асăннă чугун çула тăвас ĕçре тĕп вырăн йышăнса тăрать. Улан-Баторпа Цзинин хушшинчи чугун çул Монголи халăхĕн нацилле экономикине культурине аталантарас ĕçре прогрессивлă пысăк вырăн йышăнса тăрать, СССР, Монголи Халăх Республики тата Китай Халăх Республики халăхĕсен тăванла туслăхне, вĕсем пĕр-пĕрипе килĕштерсе ĕçлессине малалла çирĕплетме пулăшать.

Монголипе Китай чикки урлă чугун çул тăвас ĕçре Совет Союзĕ пысăк пулăшу пани совет халăхĕпе унăн правительстви пирĕн ĕç халăхĕн интересĕсене лайăх ăнланнине, Совет Союзĕ мире юратнине уççăн кăтартса парать.

Совет халăхне коммунизм строительствинче, пĕтĕм тĕнчери мире çирĕплетессишĕн пыракан кĕрешӳре çĕнĕ аслă çитĕнӳсем тумашкăн чун-чĕререн ырă сунма ирĕк парсамăр.

**Монголи Халăх Республикин Премьер-Министрĕ Ю. ЦЕДЕНБАЛ.**

Улан-Батор, 1955 çулхи декабрĕн 30-мĕшĕ.

## Ялхуçалăх фильмĕсен Пĕтĕм Союзри фестивалĕ пуçланнă

Пирĕн çĕршывра ялхуçалăх фильмĕсен Пĕтĕм Союзри фестивалĕ пуçланчĕ. Ăна СССР Культура министерствипе СССР Ялхуçалăх министерстви пĕрле мĕнпур союзлă тата автономиллĕ республикăсенче, крайсемпе облаçсенче иртереç. Фестиваль кунĕсенче эпти экрансем çинче 120 кинокартина ытла кăтартаççĕ. Ялхуçалăх ĕçченĕсем совет киностудийĕсем нумаях пулмасть кăларнă çĕнĕ фильмсене, çавăн пекех экрансем çинче халиччен кăтартнă картинăсене кураççĕ. Вĕсен шутĕнче — ялхуçалăхĕнче малта пыракансен опытне, чи лайăх колхозсен, совхозсем тата машина-трактор станцийĕсен ĕçĕсене, тĕрлĕ культурăсене пăхса ӳстермелли прогрессивнăй меслетсене пропагандăлакан фильмсем пур. Çав шутра «Вăйлă тырпул туса илекен колхоз», «Ленин орденлĕ «Кубань» совхоз», «Кукурузăна—çĕршыв уй-хирĕсене», «Терентий Мальцев» ятлă фильмсем тата ытти кинокартинăсем пур.

Фестиваль майăн 1-мĕшĕччен пырать.

(ТАСС).

*КПСС XX-мĕш съезчĕ умĕнхи социализмла ăмăрту*

# Хĕл каçиччен кашни ĕнерен 700 литртан кая мар сĕт суса илессишĕн кĕрешер

Республикăра малта пыракан нумай дояркăсем 1955 çулăн юлашки виçĕ уйăхĕ хушшинче хăйсем пăхакан ĕнесенчен сĕт суса илессине ӳстерчĕç, 500—600 литра çитерчĕç. Хĕл каçиччен вĕсем татах нумай сĕт илме пултараççĕ. Малтанхи уйăхсенчи опыта кура, нумай дояркăсем пĕр ĕнерен хĕл каçиччен 1.000—1.500 литр таран сĕт суса илме задача лартаççĕ. Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозри доярка Л. Иванова, Çĕрпӳ районĕнчи паллă дояркăсем—Р. Кузьминапа М. Петрова юлташсем октябрьпе ноябрь тата декабрь уйăхĕсенче кашни ĕнерен 600—700-шер литр сĕт суса илнĕ пулсан, вĕсем хăйсем панă сăмахсене пурнăçлаççех.

Кĕркуннехипе хĕллехи вăхăтра ĕнесенчен сĕт суса илессипе Çĕрпӳ, Улатăр, Вăрнар, Етĕрне районĕсем малта пыраççĕ. Декабрь уйăхĕнче Çĕрпӳ районĕнче кашни ĕнерен вăтам шутпа 88-шар литр сĕт илнĕ. Кунта юлашки кунсенче сĕт суса илесси ӳссех пырать. Декабрĕн 1-мĕш вунăкунлăхĕнче 26,5-шер, 2-мĕш вунăкунлăхĕнче 28,0-шер литр сĕт суса илнĕ пулсан, виççĕмĕш вунăкунлăхĕнче вара кашни ĕнерен 34,1-шер литр суса илнĕ. Ытти хăшпĕр районсенче те çавăн пек: декабрĕн малтанхи вунăкунлăхĕнче ĕнесем сĕт чакарнă пулсан, юлашки кунсенче сĕт хушни палăрать.

Çапах та нумай районсенче сĕт тухăçлăхĕ ытла та пĕчĕк, малта пыракансемпе кайра пыракансем хушшинчи уйрăмлăх калама çук пысăк. Куславкка районĕнех илер. Декабрь уйăхĕнче кунта вăтам шутпа кашни ĕнерен мĕн пурĕ 19,7-шер литр çеç сĕт суса илнĕ. Çĕрпӳ районĕнчи колхозсем кунне 3-шер литр таран сĕт суса илнĕ пулсан, куславккасен вара кунне çуршар литр çеç сĕт пулнă. Çакă вăл, чи малтанах, районти партипе совет органĕсем (КПСС райкомĕн секретарĕ Хромов юлташ, райисполком председателĕ Смыков юлташ) обществăлла выльăх-чĕрлĕхе лайăх та тутă хĕл каçарассишĕн çителĕклĕ тăрăшманни çинчен калать. Сĕтеклĕ апатсене районĕпе те Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан пĕр колхозăн çурри чухлĕ çеç хатĕрленĕ пулсан, ĕнесем сĕт антарассине ăçтан кĕтме пулĕ.

Тăвай, Сĕнтĕрвăрри, Элĕк, Канаш, Октябрьски районĕсенче те декабрь уйăхĕнче ытла та сахал сĕт суса илнĕ, ĕне пуçне кунне пĕрер литр та суса илеймен. Çак районсен руководителĕсен те выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе ертсе пырассинчи хăйсен çитменлĕхĕсене хăвăртрах пĕтермелле. Силоспа çуркунне усă курас йăлана пăрахăçлас пулать. Çавăн пекех тымарçимĕç çитерме те ăшă кунсем çитессе кĕтсе тăмалла мар. Выльăх апачĕ хатĕрлемелли механизмсемпе туллин усă курмалла. Юлса пыракан районсенче халех кашни колхоза уйрăммăн илсе пăхса тухса, çитес уйăхсенче сĕт суса илессине ӳстерес тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăнмалла.

### РЕСПУБЛИКАРИ КОЛХОЗСЕМ 1955 ÇУЛХИ ДЕКАБРЕН ВИÇÇЕМЕШ ВУНĂКУНЛАХЕНЧЕ ВАТАМ ШУТПА КАШНИ ЕНЕРЕН МЕН ЧУХЛЕ СЕТ СУСА ИЛНИНЕ КАТАРТАКАН

**сводка**

| Районсем | Сĕт суса илнĕ (литрпа) | Районсем | Сĕт суса илнĕ (литрпа) |
|---|---|---|---|
| Çĕрпӳ | 34.1 | Сĕнтĕр | 14,4 |
| Улатăр | 32,0 | Шăмăршă | 14,0 |
| Вăрнар | 29,3 | Чурачăк | 13,0 |
| Етĕрне | 28,0 | Красноармейски | 13,0 |
| Чкаловски | 27,4 | Пăрачкав | 12,8 |
| Муркаш | 25,8 | Советски | 12,1 |
| Çĕмĕрле | 25,2 | Кувакино | 12,0 |
| Елчĕк | 23,4 | Хĕрлĕ Чутай | 11,9 |
| Ишлей | 19,6 | Октябрьски | 11,7 |
| Шупашкар | 18,1 | Сĕнтĕрвăрри | 11,7 |
| Калинино | 17,9 | Вăрмар | 11,4 |
| Первомайски | 17,2 | Элĕк | 10,8 |
| Йĕпреç | 16,9 | Тăвай | 10,1 |
| Шăхасан | 15,3 | Канаш | 10,1 |
| Комсомольски | 15,1 | Куславкка | 7,5 |

## Съезд уçăлнă тĕле çуракине хатĕрленсе çитессишĕн

КРАСНОАРМЕЙСКИ. Нумаях пулмасть «Гигант» колхоз членĕсен пĕрлехи пухăвĕ пулса иртрĕ. Çак пухура колхозниксем 1956 çулхи ĕçсен планĕ çинчен сӳтсе яврĕç, çĕнĕ çулта вăйлă тырпулшăн тата тухăçлă выльăх-чĕрлĕхшĕн кĕрешме «Партизан» колхоз членĕсене социализмла ăмăртăва чĕнчĕç.

«Гигант» колхоз кăçал кашни гектартан 16-шар центнер тĕштырă пухса кĕртме тата кашни 100 гектар çĕр пуçне 23-шер центнер аш, вăл шутран 15-шер центнер сысна ашĕ туса илме обязательство йышăнчĕ.

Халĕ колхозра уя удобренисем кăлараççĕ. Колхозĕпе пурĕ 10 пин тонна таран вырăнти удобренисем кăларма палăртнă. З. Харитонова агроном ертсе пынипе агротехника курсĕ ĕçлет. Курса пурĕ 60 колхозник çӳрет.

Иртнĕ çулта кантăр акса колхоз çур миллион ытла тупăш илчĕ. Колхоз кăçал та кантăр нумай акма шутлать. Коммунистсен партийĕн XX-мĕш съезчĕ уçăлнă тĕле «Гигант» колхоз çуракине лайăх хатĕрленсе çитме тăрăшать.

**М. ТИХОНОВ.**

## Колхозниксен хастарлăхĕ

ТĂВАЙ. Партин XX-мĕш съездне çĕнĕ çитĕнӳсемпе кĕтсе илессишĕн тăрăшса, «Красный Октябрь» колхоз членĕсем çуракине тĕплĕн хатĕрленеççĕ, выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ӳстерсе пыраççĕ.

Колхозра кун каçиех хĕрӳ ĕç пырет. Уй-хире кашни кунах çĕршер лав тислĕк, торф турттараççĕ, минераллă удобренисем хатĕрлеççĕ. Ку таранччен хире 101 тонна торф, 4.000 тонна тислĕк кăларнă. Кукуруза акмалли лаптăк çинче тислĕкпе минераллă удобренисем хутăштарса компостсем тунă.

Съезд умĕнхи ăмăртăва хутшăнса, колхозниксем кăçал кашни гектартан 14-шар центнер тĕштырă, нысăк тухăçлă кукуруза туса илме, обществăлла çĕрсен кашни 100 гектарĕ пуçне 120-шер центнер сĕт илме сăмах пачĕç.

Выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарассине иртнĕ çулхинчен чылай лайăх йĕркеленĕ. Хĕле кĕнĕ çĕре 50 пуç вырнаçмалăх пăру вити тата кормокухня туса пĕтернĕ. Выльăх апатне перекетлĕн тытаççĕ, выльăхсене тĕрлĕ апатсем çителĕклĕ параççĕ.

**Г. МАТВЕЕВ.**

## Сехет графикĕпе

Шупашкарти Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ электроаппаратура заводри цехсемпе пайсем хушшинчи ăмăртура тăваттăмĕш сборочнăй цех малта пырать. Иртнĕ уйăхри задание вăл чи малтан—декабрĕн 26-мĕшĕнче пурнăçларĕ, уйăхри плана 116 процент тултарчĕ.

Цех коллективĕ улттăмĕш пилĕкçуллăхăн малтанхи кунĕсенчех хастарлăн ĕçлеме тытăнчĕ. Çĕнĕ çулта ĕçлеме тытăннă малтанхи кун çак цехри Харцивпа Чернышев юлташсем ертсе пыракан бригадăсем сехет графикĕ тăрăх ĕçлерĕç. Бригадăсенчи пур рабочисем те ĕç нормине иртерсе тултарчĕç.

Электроаппаратура заводĕнчи цехсемпе пайсенче, участоксемпе бригадăсенче ĕçлекенсем хушшинче КПСС XX-мĕш съезчĕ ячĕпе социализмла ăмăрту вăйланса пырать. Рабочисемпе работницăсем, инженерсемпе техниксем тата мастерсем кăçал иртнĕ çулхинчен лайăхрах ĕçлеме тăрăшаççĕ.

**М. БРИНЕР.**

## Планран иртерсе

КАНАШ. (Хамăр корр.). Моторсем юсакан завод коллективĕ 1955 çулхи производство планне октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне тултарнă, декабрĕн 28-мĕшĕ тĕлне вăл çулталăкри планран иртерсе 600 пин тенкĕлĕх продукци туса кăларнă.

Завод коллективĕ çĕнĕ çулта тата лайăхрах ĕçлеме тăрăшать. Нумай рабочисем нормăна иртерсе тултараççĕ.

# Пропаганда ĕçне ертсе пырассине вăйлатмалла

Парти вĕренĕвĕн системинче вĕренÿ çулĕ пуçланнăранпа виçĕ уйăх ытла иртрĕ. Çак вăхăтра кружоксемпе политшкулсенче занятисем тата харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсем валли лекцисем чылай иртерĕ.

Занятисем коммунистсен тата партире тăман работниксен вĕренес кăмăлĕ пысăккине, вĕсен хăйсен политикăлла пĕлĕвне ÿстерме тăрăшнине уççăн кăтартса парĕç.

КПСС Йĕпреç райкомĕ партилле пропаганда ĕçне пур майсемпе те лайăхлатма тăрăшать. Кăçалхи вĕренÿ çулне ытти çулсенчинчен лайăхрах хатĕрленсе кĕтсе илнĕ.

Парти райкомĕпе пуçламăш парторганизацисем пропагандистсем суйласа илесси çине тимлĕн пăхрĕç. Пирĕн районта 76 пропагандист ĕçлет. Вĕсенчен чылайăшĕ аслă шкулсенчен вĕренсе тухнă тата нумай çул хушши пропагандист пулса ĕçлессĕ.

Кружоксемпе политшкулсенче вĕренме коммунистсене çеç мар, партире тăман работниксене те хутшăнтарнă. Кăçал эпир, коммунистсемпе партире тăман активăн сĕнĕвĕсене шута илсе, парти вĕренĕвне тĕрлĕ формăпа йĕркелеме тăрăшрăмăр. Çапла туни кашни коммуниста вĕренĕве хутшăнтарма май парĕ.

Паллах ĕнтĕ, парти вĕренĕвĕ ăнăçлă пулса пырасси кружоксемпе политшкулсенче вĕренекенсен хисепĕнчен мар, занятисене лайăх ирттернинчен килет. Парти райкомĕпе пуçламăш парторганизацисем кружоксен ĕçĕпе куллен интересленеççĕ, вĕсен ĕçне тĕрĕслеççĕ, практикăлла пулăшу пăраççĕ. Пропагандист хăйĕн калаçăвне вĕренекенсем ĕçлекен предприяти е колхоз ĕçĕнчи ыйтусемпе, умра тăракан задачăсемпе тачă çыхăнтарсан çеç вĕренекенсен активлăхĕ, вĕсен тавракурăмĕ ÿсме пултарать. Кун пек занятисем интереслĕ, идейăпа теори тĕлĕшĕнчен çÿлĕ пусăмра иртеççĕ.

Вĕренÿ çулĕ пуçлансан малтанхи занятисенче КПСС Центральнăй Комитечĕн июльти Пленумĕн решенийĕсене вĕреннĕ. Пропагандистсенчен чылайăшĕ çак ĕçе ответлăха туйса туса пычĕç. Тĕслĕхшĕн вăрманпромхозри автоçул парторганизацийĕ çумĕнчи политшкул руководителĕ И. Федоров юлташ КПСС Центральнăй Комитечĕн июльти Пленумĕн решенийĕсем тăрăх занятисем ăнăçлă ирттерни çинчен каласа пама пулать. Вăл йывăр промышленноçа нысăкрах хăвăртлăхпа аталантарса пырасси партин тĕп çул-йĕрĕ пулни тата халăх хуçалăхĕн кашни отраслĕ умĕнче тăракан задачăсем çинчен каласа панă, çавăн пекех вăрманпромхоз коллективĕн пурнăçĕнчен тĕслĕхсем илсе кăтартнă, коллектив умĕнче тăракан задачăсене палăртнă.

Йĕпреç вăрманпромхозĕ юлашки вăхăтра пĕр тикĕс ĕçлет. Кунта малта пыракансен опычĕпе усă кураççĕ, механизмсемпе ĕçлесси лайăхланса пырать. Вăрман пункчĕсен коллективĕсем йывăç хатĕрлемелли плана уйăхран уйăха тултарса пыраççĕ.

Çакна май пропагандист вăрманпромхоз коллективĕ тунă ÿсĕмсене палăртать, ĕçре малта пыракан шоферсен, крановщиксен, мотористсен опычĕпе паллаштарать. Кутузов, Погодов, Барышев шоферсем машинăсене техника тĕлĕшĕнчен яланах юсавлă тытаççĕ. Вĕсем сменăри задание 140—150 процент таран пурнăçлаççĕ. Çав вăхăтрах çителĕксĕр ĕçлекен шоферсем те пур. Новиков, Галкин, Новиков шоферсем автомашинăсемпе тухăçлă ĕçлемеççĕ, сменăри нормăна тултарса пымаççĕ.

Опытлă пропагандист Федоров юлташ кашни ыйтăва тĕплĕн ăнлантарса парать. Вăл предприятин уйрăм участокĕсем мĕншĕн кая юлса пынин сăлтавне тата ĕçри çитменлĕхсене пĕтермелли майсене уçса палăртать. Ку вăл вĕренекенсен производствăри хастарлăхне ÿстерме пулăшать.

Çавăн пекех «Стандарт» промысла артелĕнчи В. И. Ленин биографине вĕренмелли кружов (руководителĕ Тенюшев юлташ), «10 лет Октября», «Красный партизан» колхозсенчи кружоксен занятийĕсем активлă иртеççĕ. Пропагандистсем вĕренекенсене колхоз ĕçченĕсемпе механизаторсен ĕçри çитĕнĕвĕсем çинчен каласа пăраççĕ, шалти резервсене тупса палăртма пулăшаççĕ.

Анчах хăшпĕр кружоксемпе политшкулсен занятийĕсем идейăпа теори тĕлĕшĕнчен тивĕçлĕ шайра иртмеççĕ-ха. Уйрăм пропагандистсем занятисене начар хатĕрленсе пыраççĕ, калаçусене пурнăçпа çыхăнтармасăр ирттереççĕ. Вăрман хатĕрлекен «Росмясомоллестара» кантурĕнчи парторганизаци çумĕнчи парти историне иккĕмĕш çул вĕренмелли кружокра КПСС историйĕн кĕске курсĕн VIII-мĕш сыпăкĕн иккĕмĕш пайне вĕреннĕ чухне занятие начар иртрĕ. Кружок руководителĕ В. Хосина юлташ вĕренекенсене темиçе ыйту пачĕ, анчах ыйтусем çине ответлекенсем тупăнмарĕç. Хосина юлташ вĕренекенсем сăмах калаччăр тесе 20 минут хушши тăрăшнинчен усси пулмарĕ, вара вăл лартнă ыйтусем çине хăй ответ пачĕ те малалла вĕренмелли материал çинчен каласа пама тытăнчĕ.

Вĕренекенсен занятире мĕншĕн активлă пулман-ха? Вĕсем килте алла кĕнеке тытса пăхман, хатĕрленмен, çавăнпа вĕсем тухса калассине кĕтме те май пулман.

Çав занятирех Хосина юлташ КПСС историйĕн кĕске курсĕн VIII-мĕш сыпăкĕн 3—5-мĕш пайĕсенче мĕн çырнине каласа пачĕ. Колчак, Деникин тата пансен Польши Совет влаçне хирĕç походсем туни çинчен каланă май, Совет Союзĕ мирлĕ политика тытса пыни, çав вăхăтрах, США-ри, Англири тата Францири империалистсем вăрçа хатĕрленнĕ пирки, пирĕн Тăван çĕршывăн оборона хăватне вăйлатса пымалли çинчен каламаллаччĕ. Партин XI-мĕш съезчĕн решенийĕсем, В. И. Ленинăн çĕршыва электрификацилемелли планĕ çинчен каланă май хамăр çĕршывра пысăк электростанцисем туни, электрификаци ĕçĕ анлăн сарални çинчен калани вырăнлă пулатчĕ. Малтанах хатĕрленмен пирки пулас, пропагандист хăйĕн задачине пурнăçлаймарĕ.

«Красный фронтовик» колхозри КПСС историне вĕренмелли кружок занятийĕсем вăхăтра пулмаççĕ. Кружок руководителĕ Пульхеровский юлташ занятире конспект тăрăх çеç вуласа парать, темăри тĕп ыйтусене уçăмлă тĕслĕхсемпе çирĕплетмест, пурнăçпа тачă çыхăнтармасть.

Кăçал КПСС райкомĕ парти, совет тата хуçалăх кадрĕсен экономикăлла вĕренĕвне организацилес тĕлĕшпе тăрăшса ĕçлет. Халĕ политикăлла экономие вĕренмелли 7 семинарта тата конкретлă экономика ыйтăвĕсене вĕренмелли 2 семинарта 158 çын вĕренет. Конкретлă экономика ыйтăвĕсене вĕренме Йĕпреç тата Буинск вăрманпромхозĕсенче организациленĕ семинарсенче вăрман пункчĕсен начальникĕсем, техноруксем тата ытти работниксем социализмла промышленноçăн экономикине вĕренеççĕ.

Кăçал та, иртнĕ çулсенчи пекех, чылай коммунистсем харпăр хăй тĕллĕн вĕренме пулнă. Вĕсене пулăшма лекцисемпе докладсем план тăрăх ирттеретпĕр. Лекторсем пулса партипе совет работникĕсем, хуçалăх специалисчĕсем ĕçлеççĕ. Уйрăмах Мингалев, Николаев, Сарро юлташсем пулакан лекцисем ăнăçлă иртнине палăртмалла. Нумаях пулмасть Сарро юлташ «Таварлă производство. Тавар тата укçа» тема тăрăх лекци вуларĕ. Лектор кашни ыйтăва тĕплĕн ăнлантарса пачĕ.

Анчах хăшпĕр коммунистсем хăйсене хушнă ĕçе тивĕçлипе пурнăçласа пымаççĕ. Сăмахран, Йĕпреç вăрманпромхозĕн директорĕ Парфеньев юлташ штатра тăман лектор шутланать, анчах вăл пĕр лекци те вуласа паман-ха.

Марксизм-ленинизм теорине харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсене пулăшма, лекцисем ирттерисĕр пуçне, консультацисемпе юлташла калаçусем ирттеретпĕр. Коммунистсем юлташла калаçăва активлăн хутшăнаççĕ. Калаçусем иртернĕ чухне «Красный партизан» колхоз председателĕ Ятманов, Крупская ячĕпе тăракан колхоз председателĕ Магазеев, районти финанс пайĕн заведующийĕ Белов юлташсем тăрăшса вĕренни курăнчĕ.

Хăшпĕр юлташсем вара, харпăр хăй тĕллĕн вĕренетпĕр тенипе витĕнсе, вĕренмесĕрех вăхăта ирттерсе пысăк йăнăш тăваççĕ. Ун пек юлташсем шутне райсоюз председателĕ Абрамов, рабкооп председателĕ Романов, райпромкомбинат директорĕ Колябин, апат-çимĕç комбиначĕн директорĕ Чигаров тата ыттисем те кĕреççĕ.

Районта партилле пропаганда ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур-ха. Тĕп çитменлĕх—идеологилле ĕç пурнăçран уйрăм пулса пынинче. Чылай пропагандистсем программа тăрăх вĕренмелли материала коммунизм строительствин практикипе, предприятисем, колхозсем тата МТС-сем умĕнче тăракан задачăсемпе çыхăнтарса вĕрентме пĕлеймеççĕ. Çак çăмăл мар ĕçре вĕсене ытларах пулăшмалла.

КПСС райкомĕн, унăн пропагандăпа агитаци пайĕн тата пуçламăш парторганизацисен пропаганда ĕçне ертсе пырассине вăйлатмалла. Халиччен пропагандистсене тата харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсене çителĕклĕ пулăшман, вĕренÿ мĕнле пынине тĕтĕшах тĕрĕслемен пулсан, çак çитменлĕх малашне пулмалла мар. Занятисемпе лекцисен, консультацисен идейăлла-теорилле шайне хăпартма кирлĕ.

Партин XX-мĕш съезчĕ ячĕпе социализмла ăмăртăва хутшăнса, районти предприятисен коллективĕсем, колхозниксемпе колхозницăсем конкретлă обязательствăсем илчĕç. Çав обязательствăсене пурнăçлассишĕн кĕрешме ĕçсынисене мобилизацилес ĕçре районти парторганизацие пропагандистсем те активлă пулăшĕç.

И. АЛБУТОВ.
КПСС Йĕпреç райкомĕн секретарĕ.



Куславккари çуртсем тăвакан заводри торцовщица М. Фролова юлташ, КПСС XX-мĕш съезчĕ ячĕпе социализмла ăмăртăва хутшăнса, производствăра ÿсĕмсем тăвать. Вăл сменăри нормăна 120—130 процент тултарать.

ÿКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: М. Фролова юлташ.

М. Александров фотоÿкерчĕкĕ.

## Тата лайăхрах ĕçлеме пулатпăр

Канашри вагонсем юсакан заводри çĕршер рабочи хăйсен пилĕк çул нормисене ик-виçĕ хут ирттерсе тултарчĕç. Манăн бригада та пысăк ÿсĕм турĕ. Планран иртĕрсе эпир, бандажниксем, çĕршер вагон кустăрмисем çине бандажсем вырнаçтарса лартрăмăр, çулталăкри плана 170 процент тултартăмăр. Пархатарлă ĕçе хакласа, завод администрацийĕ мана Хисеп грамоти пачĕ тата СССР Çул-йĕр министерстви «Ударник сталинского призыва» значокпа наградăларĕ.

Пирĕн çĕршывра ĕç пысăк хисепре. Эпĕ 58 çула кайрăм ĕнтĕ. Анчах ватăлнине туймастăп-ха, ĕçре вăйпитти çамрăксенчен нимĕн чухлĕ те юлмастăп.

Халĕ эпир, иртнĕ çулхи ĕçсене пăхса тухса, çĕнĕ çулта тата пысăкрах çитĕнÿсем тăвас шухăш-кăмăлпа ĕçлетпĕр. Ку çул та пирĕншĕн çĕнтерÿ çулĕ пулĕ. Пирĕн бригада кăçал плана 180 процентран кая мар тултарма, пĕр брак тумасăр ĕçлеме Семеновпа Михайлов юлташсен бригадисене ăмăртăва чĕнчĕ. Партин XX-мĕш съездне пĕррĕмĕш квартал планне тултарнине кĕтсе илме тăрăшатпăр.

И. ГЕРАСИМОВ.
Заводри бандажниксен бригадирĕ.

## *Ĕçе юратакан çемье*

Колхоз организацилечченех Александра Афиногентова çемйи тертлĕ пурнăçпа пурăннă. Сулсеренех унăн çăкăр-тăвар çитмен, кирлĕ чухлĕ выльăх-чĕрлĕх усраса кураймаи, ачасем сĕтĕк-çатăк çÿренĕ.

Совет влаçĕ пулăшнипе Афиногентова юлташ ачасене лайăх пăхса ÿстерчĕ. Халĕ вĕсем, колхоз производствине активлăн хутшăнса, обществăлла хуçалăха çирĕплетессишĕн тăрăшаççĕ. Иртнĕ çул унăн Витали ятлă ывăлĕ, Совет çарĕнчен киле таврăнсан, колхозра ĕçлеме пуçларĕ.

Афиногентова алă çула çитнĕ ĕнтĕ. Вăл килти хуçалăхри ĕçсене туса пынипе пĕрлех бригадăри ĕçсене те активлă хутшăнать. Иртнĕ çул 228 ĕç кунĕ ытла турĕ. Вăл ачисемпе пĕрле выльăх апачĕ хатĕрлекен бригадăра ĕçлет. Мария ятлă хĕрĕпе Витали 300—350 ĕçкунĕ тунă. Тепĕр хĕрĕ Евдокия пиллĕкмĕш çул ĕнтĕ ĕне ферминче доярккăра ĕçлет. Иртнĕ хуçалăх çулĕнче вăл çирĕплетсе панă кашни ĕнерен 1.668 литр сĕт суса илнĕ, доярккăсен районти ăмăртăвĕнче иккĕмĕш вырăна тухрĕ. Евдокия хăй кăна 720 ĕçкунĕ тунă.

Людмилăпа Валентина Элĕкри Н. Я. Яковлев ячĕпе тăракан вăтам шкулта вĕренеççĕ. Çуллахи каникул вăхăтĕнче вĕсем те 53—72-шер ĕçкунĕ турĕç.

А. ОРЛОВ.

## Стена хаçатне хакламанни пулмалла мар

Ленин ячĕпе тăракан колхозри «Коммунист» стена хаçачĕ кашни уйăхрах йĕркеллĕ тухать. Унта халĕ 60 çын ытла çырса тăрать. Корреспондентсен шутĕнче—уй-хир бригадирĕсемпе фермăсен заведующийĕсем, коммунистсемпе агитаторсем, производствăра малта пыракан колхозниксем. Хаçат артель пурнăçне анлăн çутатать, колхозниксен социализмла ăмăртăвне организацилет, парторганизацине колхоз правленине шалти резервсене тупса палăртма пулăшать. Кунти стена хаçачĕ чăннипех те парторганизацин боевой помощникĕ пулса тăнă.

Анчах Красноармейски районĕнчи чылай колхозсенче стена хаçачĕсем вăхăтра та йĕркеллĕ тухса тăмаççĕ. Ялхуçалăхне вăйлатас ыйтусене начар çутатаççĕ. Сăмахран, Димитров ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕнчи «Колхозник сасси» хаçат иртнĕ çул улттă номер кăна тухнă. Кунта тепĕр чухне хаçат номерне тата уйрăм заметкăсене кăна улăштараççĕ. Çак стена хаçачĕн авторитечĕ çук. Ахальтен мар ĕнтĕ, ун çине çырса тăракансем ытла та сахал.

Стена хаçачĕ йĕркеллĕ тухманшăн, унăн идейăлла шайĕ тивĕçлĕ пусăмра пулманшăн колхозри пуçламăш парторганизаци пуринчен ытларах айăплă. Редакци коллегийĕн составне ĕçе юратакан пултаруллă çынсемпе çирĕплетессине вăл хăйĕн тивĕçĕ тесе шутламасть. Парторганизаци секретарĕ А. Семенов юлташ стена хаçачĕн активĕ çуккине, унта колхозри ĕçсене оперативлă çутатманнине аван пĕлет. Çапах та вăл стена хаçачĕ кăларас ĕçе лайăхлатма нимĕнле организаторла ĕçсем те туса ирттермест. Ку ыйтăва коммунистсен пухăвĕсенче сÿтсе явмаççĕ.

«Партизан» колхозра тухакан «Вăйлă тырпулшăн» стена хаçатне те колхозниксем сайра хутра, уяв кунĕсенче кăна курса вулаççĕ. Хаçат редакторĕ Я. Денисов юлташ та хаçат вăхăтра тухманнине унта çырса тăракансем çуккипе ăнлантарса пама пăхать. Анчах хаçат тавра актив явăçтарас тĕлĕшпе редколлеги те, пуçламăш парторганизаци те ĕçлемест.

Стена хаçачĕн авторитечĕ ÿстĕр, унта çынсем ытларах çырччăр тесен, хаçатри статьясен витĕмлĕхĕшĕн кĕрешмелле. Ĕçсынисен сĕнĕвĕсем çине тивĕçлипе пăхсан кăна вĕсем хаçат çине яланах çырса тăма пултараççĕ. Кунти пуçламăш парторганизаци вара хаçат çине мĕн çырнипе пачах интересленмест. Вăл критикăлла заметкăсем тăрăх çитменлĕхсене пĕтерме тивĕçлĕ ĕçсем тумасть. Çавăн пиркиех ĕнтĕ, сайра хутра тĕл пулакан критикăлла заметкăсен айĕнче те авторсен хушамачĕсене курмастăн,—колхозниксем çитменлĕхсене уççăн критиклеме хăяймаççĕ.

Редакци коллегийĕсемпе парторганизацисен çавăн пекех малта пыракансен опытне пропагандăлакан статьясен витĕмлĕхĕшĕн те çине тăрса кĕрешес пулать. «Гигант» ялхуçалăх артелĕнче тухса тăракан «Çĕнтерÿшĕн» стена хаçатĕнче, акă, лайăх ĕçлекен доярккăсемпе свинаркăсем, сурăх пăхакансем тата вăйлă тырпул туса илекен уй-хир бригадисем çинчен çыраççĕ. Çакăн пек заметкăсем усĕ параççĕ пулсан та, вĕсем малта пыракан опыта ĕçе кĕртме çителĕклĕ пулăшмаççĕ, мĕн пулса иртни çинчен кăна пулăмăсене каласа параççĕ. Çавăн пек заметкăсенче малта пыракансем ĕçри çитĕнĕве мĕнле майпа туни çинчен каласа парсан, вĕсене колхозниксем хушшинче сÿтсе явассине йĕркелеме тата практикăра пурнăçа кĕртес ĕçе организациleme конкретлăн пулăшмалла. Хаçатра малта пыракан опыта ĕçе кĕртмелли майсем çинчен колхозниксем панă сĕнÿсене çутатни кирлĕ. Колхозниксен социализмла ăмăртăвне вăйлатма, юлса пыракансене малтисемпе танлашма пулăшасси—стена хаçачĕсен тивĕçĕ.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX-мĕш съезчĕ ячĕпе пыракан социализмла ăмăртăва хутшăнса, «Гигант» колхоз членĕсем те лайăх обязательствăсем илнĕ. Анчах колхозри стена хаçачĕ çак ĕçрен аякра тăрать, съезд умĕнчи ăмăрту çинчен нимĕн те çырмасть.

Çакна та каламалла: çÿлте асăннă колхозсенчи стена хаçачĕсем правлени вырнаçнă ялта кăна çакăнса тăраççĕ. Çавăнпа ăна ытти ялсенчи колхозниксенчен хăшпĕрисем кăна вулаççĕ. Парторганизацисен пĕр стена хаçатнех темиçе экземпляр кăларас е хаçата ялтан-яла куçарса çÿрес ĕçе йĕркелемелле.

Редакци коллегийĕсен ĕçне çирĕп план тăрăх туса пыни, хаçат кăлармалли планпа колхозниксене паллаштарни, вĕсемпе хаçат çине çырасси çинчен калаçусем ирттерни—стена хаçачĕсем кăларас ĕçе лайăхлатмалли майсем. Анчах кунта асăннă пуçламăш парторганизацисем çак майсемпе усă курмаççĕ.

Парти райкомĕ те колхозсенчи стена хаçачĕсене кăларас ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăнмасть. Бюро ларăвĕсенче тĕрлĕ ыйтусем нумай сÿтсе яваççĕ, анчах стена хаçачĕсем кăларассипе интересленме «вăхăт тупаймаççĕ». Райком работникĕсем ялсенче пулсан та, парторганизаци секретарĕсемпе редколлегисене стена хаçачĕ кăларас ĕçе лайăхрах йĕркелеме пулăшмаççĕ.

КПСС райкомĕ стена хаçачĕсемпе боевой листоксен редакторĕсен канашлăвĕсене тата семинарĕсене ирттермест, вĕсене районти хаçат редакцийĕ ирттерессе шанать, редакци вара—райком çине шанать. Районти хаçатра стена хаçачĕсем çинчен çырнă обзорсене курма çук.

Стена хаçачĕсем кăларас ĕç хăй тĕллĕн пулса пырассине шанмалла мар, çак ĕçе куллен ертсе пымалла.

И. ПЕТРОВ.
Н. ОРЛОВ.

## *Тĕрĕслеме янă çырусем тăрăх*

«Главхимлесзаг» тресчĕн Улатăрти вăрман хуçалăхĕн пĕр участокĕнче хыр сухăрĕ (живица) кăларса пухас енĕпе мастер пулса ĕçлекен М. Мельников вăрманта вăрттăн касса йывăççем сутать, вĕçĕмсĕр ĕçсе ÿсĕрĕлсе çÿренине пула хăй ĕçне пачах япăхтарса ячĕ, тесе пĕлтерчĕç редакцие. Çак çырăва Улатăрти вăрман хуçалăхĕн дирекцийĕ тĕрĕслесе, унта кăтартнă фактсем пурте тĕрĕс пулни тата Мельников пирки кирлĕ мерăсем йышăнни çинчен пĕлтерчĕ.

Вăрмантан хăй ирĕкĕне вăрттăн йывăç кастарса сутнăшăн М. Мельникова халăх сучĕ айăпланă—пĕр çул хушши унăн ĕç укçинчен 25-шер процент тытса юлмалла тунă. КПСС Улатăр райком бюровĕ ăна парти ретĕнчен кăларнă. Вăрман хуçалăхĕн дирекцийĕ те Мельникова мастертан кăларса рабочие куçарнă.

• • •

Октябрьски районĕнчи «Восток» колхозăн лашисене кăçал çулла Атăл леш енчи улăха каçарнă чухне Н. Башкиров бригадир айăпĕпе пĕр тиха Атăла путса вилни, вăлах колхозăн пĕр пахча вырăнне хăй ирĕкĕпе йышăнса кăçал çĕрулми лартса усă курни çинчен пĕлтернĕччĕ. Кун пирки Октябрьски МТС дирекцийĕ редакцие çапла ответлерĕ: Н. Башкиров айăпĕпе шыва путса вилнĕ тиха хакне «Восток» колхоз правленийĕ Башкирова тÿлеттермелле тунă. Ялхуçалăх артелĕн Уставне пăсса колхозăн пахча вырăнĕнче çĕрулми лартса усă курнă пирки те Башкировран 6 центнер çĕрулми шыраса илмелле тунă.

## Малта пыракан опыта пропагандăласси çинчен

МУРКАШ. (Хамăр корр.). КПСС райкомĕн бюровĕ, районти колхозсенче ялхуçалăх наукин çитĕнĕвĕсене пропагандăласси мĕнле пыни çинчен сÿтсе явса, çак ĕçре пысăк çитменлĕхсем пуррине палăртрĕ. Районта Сталин ячĕпе тăракан колхозăн ÿсĕмĕсем çинчен нумай калаççĕ, çав вăхăтрах унăн паха опытне, уйрăмах çав колхоз выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине ÿстерес енĕпе пухнă опыта ытти колхозсенче ĕçе кĕртес тĕлĕшпе сахал тăрăшаççĕ.

Малта пыракан опытпа ялхуçалăх наукин çитĕнĕвĕсене пропагандăлас ĕçе, пĕтĕмĕшпе илсен, ялхуçалăх специалисчĕсен вăйĕпе кăна туса пыраççĕ. Çак ĕçе партипе совет активне тата колхоз производствинче паха тĕслĕх кăтартакан çынсене ытла та сахал явăçтарнă. КПСС райкомĕ çумĕнчи лекторсен ушкăнĕ, политикăлла тата наукăлла пĕлÿсем сарас тĕлĕшпе ĕçлекен обществăн районти уйрămĕ колхозсенче ялхуçалăх наукин çитĕнĕвĕсем çинчен лекцисемпе докладсем сахал ирттереççĕ.

Колхозниксене агротехникăна вĕрентес ĕçре те пысăк çитменлĕхсем пур. Уйрăм колхозсенче агротехника курсĕсем ĕçлемеççĕ.

Райком бюровĕ малта пыракан опытпа ялхуçалăх наукин çитĕнĕвĕсене пропагандăлассине вăйлатас тĕлĕшпе конкретлă ĕçсем пурнăçлама палăртрĕ.

# Вырăнти Совет депутачĕсен активлăхне ÿстерер

КПСС Центральнăй Комитечĕн январьти тата июльти Пленумĕсен решенийĕсене ăнăçлă пурнăçлас ĕçре ĕçсыни депутачĕсен вырăнти Совечĕсем пысăк вырăн йышăнмалла. Халĕ, пирĕн халăх Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX-мĕш съездне çĕнĕ çитĕнÿсемпе кĕтсе илессишĕн пĕтĕм вăй-хăвата парса тăрăшнă вăхăтра, вырăнти Советсен анлă массăсен активлăхĕ çине таянса, хуçалăхпа культура строительствине лайăхрах ертсе пымалла.

Ĕçсыни депутачĕсен Совечĕсем—государство влаçĕн тулли правалă органĕсем. Паллă ĕнтĕ, депутатсене суйлав округĕсем тăрăх суйлаççĕ. Кашни округ Совета пĕр депутат суйлать. Вырăнти Совет депутачĕсем халăх хуçалăхĕн тĕрлĕ отраслĕсенче ĕçлеççĕ. Сăмахран, Чăваш АССР район, хула, ял тата поселок Совечĕсен депутачĕсем хушшинче 380 рабочи, 717 колхоз председателĕ, предприятисемпе МТС-сен руководителĕсем 314 çын, инженерсемпе техниксем 54 çын, 964 учитель, ялхуçалăх специалисчĕсем 208 çын, медицина работникĕсем 255 çын.

Советсем йышăнакан решенисем пур енчен те витĕмлĕ пулччăр тесен, ыйтусене пĕрле пухăнса сÿтсе явмалла, суйлавçăсен шухăш-кăмăлĕсене шута илмелле. Суйлавçăсен шухăш-кăмăлĕсемпе ыйтăвĕсене вара депутатсем Советсен ĕçне, унăн яланхи комиссийĕсен ĕçне активлă хутшăнсан, вĕсен суйлавçăсемпе тачă çыхăну тытнă чухне кăна тĕрĕсрен пĕлсе тăма пулать. Çавă вара суйлавçăсен ыйтăвĕсене вăхăтра тивĕçтерме пулăшать. Депутат суйлавçăсемпе тачă çыхăну тытса пыма, вĕсенчен вĕренме, вĕсен ыйтăвĕсене çийĕнче çине тимлĕ пăхма тивĕç. Çапла майпа çеç депутат суйлавçăсем хушшинче хăйĕн авторитетне ÿстерсе пырать, хуçалăхпа культура строительствин задачисене пурнăçлас тĕлĕшпе вырăнти Совета тивĕçлĕ пулăшу пама пултарать.

Пирĕн республикăри вырăнти Советсенче хăйсен тивĕçĕсене кирлĕ пек пурнăçласа пыракан депутатсем сахал мар. Акă, сăмахран, Советски районĕнчи Килтĕш ял Совет депутатне Т. Краснов юлташа суйлавçăсем хисеплеççĕ. Çакă вăл депутат ĕçсынисен ыйтăвĕсене вăхăтра тивĕçтерсе пынинчен килет. Пĕррехинче, акă, виçĕ ача амăшĕ Дмитриева хăйĕн вилнĕ упăшкишĕн пенси илмелле тума депутатран пулăшу ыйтнă. Краснов юлташ тăлăха юлнă ачасен амăшĕн ыйтăвĕ çине тимлĕ пăхнă, пенси илме кирлĕ справкăсем тупса панă. Халĕ Дмитриева пенси илсе тăрать, депутат пулăшу панăшăн ăна тивĕçлипе хисеплет.

Суйлавçăсен ыйтăвĕсене тивĕçтересси çине çавăн пек тимлĕ пăхнă çĕрте депутатсен авторитечĕ ÿсет. Асăннă ял Советĕн ытти депутачĕсем те суйлавçăсен ыйтăвĕсене тивĕçтерессишĕн çине тăрса ĕçлеççĕ. Ку ял Советĕнчех райсовет депутачĕ—И. Лебедев юлташăн ятне асăннине час-часах илтме пулать. Вăл ял Советне суйлавçăсен наказĕсене тивĕçтерес, мероприятисем плана кĕртес, ĕçсынисен хушшинче социализмла ăмăрту сарас тĕлĕшпе пулăшу панă. И. Лебедев юлташ сĕнĕвĕ тăрăх çавăн пекех тырпул пухса кĕртнĕ вăхăтра «Дружба» колхозра столовăй уçнă.

Депутатăн кашни ĕç çине парти хушнă пек пăхмалла, çитменлĕхсене асăрхасан, вĕсене пĕтерме тăрăшмалла. Ĕçре çитменлĕхсене асăрхамасăр хăварни депутата чыс тумасть. Нумай депутатсем çаванпа та ĕнтĕ тĕл пулакан çитменлĕхсене çийĕнчех пĕтерме тăрăшаççĕ. Ку тĕлĕшпе пĕр тĕслĕх илсе кăтартни вырăнлă пулĕччĕ. Сăмахран, Канаш районĕнчи Аслă Пăла Тимеш ял Советĕн депутачĕсем Михайловский, Федорова, Кудрявцева юлташсем, яланхи ялхуçалăх комиссийĕн членĕсем пулнă май, Ворошилов ячĕпе тăракан колхозра тĕрĕслÿ ирттернĕ. Вĕсем ку колхозра ялхуçалăх машинисем юсавлă маррине, çĕрулми вăрлăхне кирлĕ пек сыхласа усраманнине палăртнă. Вара çак çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе мĕнле ĕçленине тĕрĕслесе тăма депутатсем çирĕплетнĕ. Каярахпа ялхуçалăх машинисене вăхăтра юсаса çитернĕ, çĕрулмине тепĕр хут суйласа хунă.

Кашни депутат сессисен ĕçне активлă хутшăнма тивĕç. Кăна ăнланмалла ĕнтĕ, мĕншĕн тесен сесси государство влаçĕн вырăнти органĕ хăйĕн функцийĕсене пурнăçласа пымалли пĕртен-пĕр форма пулса тăрать. Депутатсем сессисĕр пуçне урăх циста та решенисем йышăнма пултараймаççĕ. Совет сессийĕ вăл, тĕрĕссипе илсен,—совет строительствин шкулĕ, государствăна тытса пымалли шкул.

Çакна шута илсе, ĕçсыни депутачĕсен район, хула, ял тата поселок Совечĕсен исполкомĕсем сессие депутатсене пурне те хутшăнтармалла. Анчах ĕçре çакна час-часах пурнăçламаççĕ-ха.

Улатăр район Совечĕн 41 депутачĕнчен 1-мĕш сессире—36 депутат, 2-мĕш сессире—33, 3-мĕш сессире—27 депутат çеç пулнă. Кун пек çитменлĕхсене Вăрнар районĕнче тата республикăри ытти районсенче те курма пулать.

Ял Совечĕсен сессийĕсем пирки те çавнах каламалла. Акă, Тăвай районĕнчи Мучар ял Совечĕн иккĕмĕш сессийĕнче 22 депутатран 14-шĕ çеç пулнă. Октябрьски районĕнчи Шăнерпуç ял Совечĕн пĕр сессине 25 депутатран 13-шĕ çеç хутшăннă.

Çак çитменлĕхсем вĕсем Советсен исполкомĕсем депутатсене сессисен ĕçне активлă хутшăнтарас тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăнманнине кăтартса параççĕ.

Депутатсен сессисен ĕçне ячĕшĕн çеç мар, активлă хутшăнмалла, ыйтусене пур енчен те тĕплĕн сÿтсе явмалла. Муркаш ял Совечĕн сессийĕсене тепĕр чухне докладчиксем хăйсем те пымаççĕ пулсан, ун вырăнне председателĕн хăйĕн доклад туса пама тивет пулсан, депутатсен активлăхĕ çинчен мĕн калама пулать-ха? Ял Совечĕсене пĕрлештерсе пысăклатнăранпа 1955 çулхи майăн 1-мĕшне çитиччен çак ял Совечĕн сессийĕсенче 9 ыйту сÿтсе явнă, вĕсенчен пиллĕк ыйтăвĕ тăрăх ял Совет председателĕ Музыков юлташ хăй докладсем туса панă. Тăвай районĕнчи Тăвай ял Совечĕн 9-мĕшпе 10-мĕш сессийĕсенче исполком председателĕн хăйĕн докладсем туса пыма тивнĕ. Çав сессисенче пĕр депутат та сăмах туса каламан. Паллах ĕнтĕ, çакă вăл депутатсен активлăхне чакарать, вĕсен суйлавçăсем умĕнчи ответлăхне пĕчĕклетесси патне илсе пырать. Çакăн пек çитменлĕхсем сессисене малтанах хатĕрленменнинчен, депутатсене сесси пуласси çинчен тата унта сÿтсе явмалли кун йĕркинчи ыйтусем çинчен çийĕнчех пĕлтерменнинчен килнĕ.

Депутатсен суйлавçăсене вăхăтра отчетсем туса памалла. Çакă вăл депутатсен ĕçне тĕрĕс йĕркелеме май парать, Советсемпе ĕçсынисен хушшинчи çыхăнăва çирĕплетме пулăшать. Депутатсен отчечĕсене илсе, суйлавçăсем депутатсене Советсен ĕçĕсене сÿтсе яваççĕ, çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе пахă сĕнÿсем пама пултараççĕ. Акă мĕншĕн ĕнтĕ депутатсен суйлавçăсене отчетсем туса памалли çинчен СССР Конституцийĕнче, çавăн пекех союзлă тата автономилле республикăсен Конституцийĕсенче те кăтартса панă.

Конституци хушнисене пурнăçласа, тăваттăмĕш созыври Çĕрпÿ район Совечĕн чылай депутачĕсем хăйсен суйлавçисене отчетсем туса панă. Сăмахран, район Совечĕн 29 депутачĕ, хула Совечĕн 32 депутачĕ, ял Совечĕсен 239 депутачĕ суйлавçăсем умĕнче отчетсем тунă.

1955 çулхи февраль уйăхĕнче пулнă суйлав хыççăн райсовет исполкомĕ депутатсемпе суйлавçăсем хушшинчи çыхăнăва вăйлатас тĕлĕшпе чылай ĕçсем турĕ. Советсен организацилле-массăлла ĕçĕсене йĕркелес ыйту тăрăх ял Совет председателĕсемпе кашни уйăхрах семинарсем ирттереççĕ. Унта депутатсен суйлавçăсен хушшинчи ĕçĕсене йĕркелес ыйтусене те сÿтсе яваççĕ. Суйлав иртнĕ хыççăнхи 5 уйăхра чылай депутатсем суйлавçăсене отчетсем туса панă. Депутатсем хăйсен суйлавçисемпе тĕл пулнă чухне вĕсен ыйтăвĕсене пĕлме тăрăшаççĕ. Акă, Тутарла Кăкаш ял Совет депутачĕпе Дмитриев юлташпа тĕл пулнă чухне ĕçсынисем библиотека е вулав çурчĕ уçма ыйтнă. Ял Совечĕ, суйлавçăсен ыйтăвне тивĕçтерсе, библиотека уçнă.

Анчах, калас пулать, чылай çĕрте депутатсем суйлавçăсем хушшинче ĕçлессине тивĕçлипе хакламаççĕ. Çавна пула вĕсем ĕçсынисенчен уйрăлса каяççĕ, вĕсен ыйтăвĕсене пĕлми пулаççĕ. Акă, Советски районĕнчи Советски ял Совечĕн депутачĕсем Л. Спиридонова, Ф. Григорьева, Н. Смирнов, Н. Никитин, Н. Матвеев, Н. Ятманов, А. Петров юлташсем тăваттăмĕш созыв вăхăтĕнче те, пиллĕкмĕш созыв вăхăтĕнче те суйлавçăсене пĕр хут та отчетсем туса паман. Анчах ял Совет исполкомĕ çакăнпа килĕшсе пурăнать.

Вырăнти Совет депутачĕ производствăра ĕç дисциплинине пăхăнас тата государство умĕнчи обязательствăсене пурнăçлас тĕлĕшпе ыттисене пример кăтартма тивĕç. Депутат хăйĕн тивĕçне пурнăçланипех лăпланса ларма пултараймасть. Вăл—массăсен организаторĕ, хăйĕн примерĕпе ыттисене хавхалантармалла, çак тивĕç çинче вара ĕçре çитĕнÿ тума тăрăшмалла.

Çавăнпа пĕрлех депутатăн хăйĕн прависемпе те тулли усă курмалла. Вăл ял Совет территорийĕнчи тата ял Советне пăхăнса тăракан предприятисен, учрежденисен тата организацисен ĕçне тĕрĕслеме пултарать. Унăн исполнительнăй комитет, пайсен заведующийĕсем умне тата ял Совет территорийĕнче вырнаçнă кирек хăш учреждени руководителĕ умне те ыйтусем кăларса тăратма право пур. Депутат ыйтăвĕ çине 3 кунтан кая юлмасăр ответ парас пулать. Депутат çавăн пекех сессире тата е Совет исполкомĕнче пăхса тухма кирек хăш ыйтăва та лартма пултарать.

Совет çынниcем Советсене хăйсен чи шанчăклă та чи тивĕçлĕ ывăлĕсемпе хĕрĕсене суйлаççĕ. Вĕсем çав пысăк чыса хăйсен ĕçĕсене тÿрĕ кăмăлпа туса пынипе тивĕçлĕ пулнă. Суйлавçăсем депутатсене хисеплĕ те чыслă ĕç шанса панă. Депутатсен çав ĕçе çине тăрса туса пымалла, Коммунистсен партийĕн политикине ăнăçлă пурнăçламалла, халăх интересĕсене пуринчен те ытларах хакламалла.

Депутатсен тивĕçĕ халăх шанăçне тÿрре кăларасси пулать. Вĕсене Совет исполкомĕсем вăхăтра пулăшса пымалла.

А. ИЗМАЙЛОВ.
Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн секретарĕ.

### МТС-сенче ТРАКТОРСЕМ ЮСАС ĔÇ МЕНЛЕ ПЫНИНЕ КĂТАРТАКАН СВОДКА

(1955 çулхи декабрĕн 31-мĕшĕ тĕлне, процентпа)

| | |
|---|---|
| Чкаловски | 93,1 |
| Шăхасан | 73,1 |
| Кувакино | 66,6 |
| Елчĕк | 64,8 |
| Етĕрне | 61,8 |
| Тăвай | 55,5 |
| Сĕнтĕр | 54,9 |
| Куславкка | 54,7 |
| Элĕк | 52,9 |
| Советски | 50,9 |
| Улатăр | 50,7 |
| Чурачăк | 50,0 |
| Пăрачкав | 48,3 |
| Октябрьски | 48,2 |
| Шăмăршă | 46,2 |
| Комсомольски | 45,9 |
| Красноармейски | 45,5 |
| Йĕпреç | 44,2 |
| Первомайски | 43,7 |
| Çĕмĕрле | 43,1 |
| Сĕнтĕрвăрри | 41,4 |
| Вăрмар | 40,4 |
| Хĕрлĕ Чутай | 40,2 |
| Сурмайдан | 39,0 |
| Сиява | 36,5 |
| Ишлей | 34,4 |
| Вăрнар | 32,7 |
| Муркаш | 32,2 |
| Çĕрпӳ | 30,9 |
| Калинино | 28,3 |
| Канаш | 26,6 |
| Шупашкар | 25,0 |

### РЕСПУБЛИКĂРИ КОЛХОЗСЕНЧЕ ХИРЕ ТИСЛĔК ТАТА ОРГАНИКĂЛЛА УДОБРЕНИСЕМ КĂЛАРАС ĔÇ МЕНЛЕ ПЫНИНЕ КĂТАРТАКАН СВОДКА

(1955 çулхи декабрĕн 31-мĕшĕ тĕлне)

| МТС-сем | Пĕтĕмпе тислĕк кăларнă (тоннăпа) | Акăмалли çĕрсен кашни 100 гектарĕ пуçне хире тислĕк кăларнă | Пĕтĕмпе минерал удобрени кăларнă (тоннăпа) | Торф кăларнă (тоннăпа) |
|---|---|---|---|---|
| Улатăр | 21.211 | 0,9 | 859 | — |
| Элĕк | 99.060 | 4,4 | 462 | 1.026 |
| Вăрнар | 130.790 | 5,1 | 1.492 | 600 |
| Йĕпреç | 51.408 | 2,2 | 452 | 43 |
| Ишлей | 67.716 | 2,2 | 1.490 | 1.151 |
| Калинино | 103.375 | 3,9 | 877 | 8.581 |
| Канаш | 72.976 | 2,5 | 2.128 | 1.500 |
| Куславкка | 39.589 | 1,5 | 354 | 294 |
| Комсомольски | 102.835 | 3,3 | 519 | — |
| Красноармейски | 111.657 | 3,7 | 1.180 | 14.586 |
| Хĕрлĕ Чутай | 51.259 | 1,9 | 103 | 931 |
| Кувакино | 12.086 | 0,8 | 123 | — |
| Сĕнтĕрвăрри | 43,201 | 2,6 | 790 | 162 |
| Муркаш | 113.068 | 4,3 | 215 | 5.262 |
| Октябрьски | 63.000 | 2,2 | 300 | 195 |
| Первомайски | 63.525 | 2,8 | — | 7.978 |
| Пăрачкав | 58.002 | 2,3 | 68 | — |
| Сиява | 5.219 | 0,5 | 53 | — |
| Советски | 107.128 | 4,1 | 140 | 4.485 |
| Сĕнтĕр | 89.302 | 3,5 | 570 | 857 |
| Сурмайдан | 6.330 | 0,5 | 3 | — |
| Вăрмар | 113.224 | 2,6 | 624 | — |
| Çĕрпӳ | 83.319 | 2,9 | 1.190 | 2.282 |
| Шупашкар | 60.370 | 2,2 | 663 | 566 |
| Чкаловски | 87.970 | 2,8 | 545 | 4.256 |
| Чурачăк | 83.844 | 3,0 | 1.291 | 250 |
| Шăмăршă | 28.286 | 1,2 | 114 | 7 |
| Шăхасан | 85.559 | 3,0 | 422 | 2.503 |
| Çĕмĕрле | 38.617 | 2,3 | 229 | 2.475 |
| Етĕрне | 78.007 | 3,4 | 464 | 1.075 |
| Елчĕк | 122.207 | 2,6 | 744 | 450 |
| Тăвай | 93.438 | 2,9 | 195 | 3.150 |

### ĔÇКУНĔСЕМ ИЛМЕ КАМ ПУЛĂШĔ-ШИ МАНА?

Чурачăк районĕнчи «Прогресс» колхозра эпĕ 1955 çулхи апрельтен пуçласа хăма çуракан рама патĕнче колхоз правленийĕ хушнипе хуралçă пулса ĕçлетĕп. Кашни уйăхшăн мана 22-шер ĕçкунĕ шутласа пама пулнăччĕ. Кунсăр пуçне, хам пушă вăхăтра хăма çурнă çĕрте пулăшнăшăн тата ытти ĕçсене тунăшăн уйрăм ĕçкунĕ шутласа парасси çинчен шантарнăччĕ. Хăма шанса панă ĕçе эпĕ ку таранччен тӳр кăмăлпа туса пыратăп. Анчах та хăма çуракан рама заведующийĕ А. Евграфов мана ĕçкунĕсем шутласа памасăр тăрать.

Май уйăхĕнче А. Павлов, М. Мухин, А. Матвеев колхозниксемпе пĕрле эпĕ те тĕтăшах хăма çурнă çĕрте хутшăнса ĕçлерĕм. Манпа ĕçлекенсене вĕсене те Евграфов 50-шар, хăйне 55 ĕçкунĕ шутласа пачĕ. Мана пачах шута илмерĕ. Асăннă колхозниксемпе машина вырнаçтарса лартнă пӳлĕм стенисене штукатуркă турăмăр. Евграфов ку ĕçре пачах хутшăнмарĕ пулсан та 50 ĕçкунĕ илчĕ.

Манăн ĕçленисем татах пулнă. 15 фестметр йывăçа пĕччен купаларăм, машина патне çу хушши шыв йăтса тăтăм, 6 фестметр йывăç çурнă çĕрте ĕçлерĕм. Ĕçкунĕсем çук та çук.

Евграфов пăчкă хăйранĕ тесе хăй çине ĕçкунĕсем нумай çырнă. Хунĕ налли 3 фестметр йывăçа укса тӳлеттермесĕрех çуртарса пачĕ.

Кам пулăшĕ-ши мана ĕçкунĕсем илме?

Колхоз членĕ А. ФИЛИППОВА.

### ВЫЛЬĂХ-ЧĔРЛĔХ ĔРЧЕТЕКЕНСЕН СЕМИНАРĔСЕМ

ТĂВАЙ. Обществăлла выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарас ыйтупа районти 3 колхозра («Горьковская Коммуна», «Новый путь», «Красная Чувашия» колхозсенче) кустовой семинарсем ирттерчĕç. Семинарсене колхоз председателĕсем, фермăсен заведующийĕсем, дояркăсем тата фермăсенчи ытти работниксем 100 çынна яхăн пухăннă.

«Новый путь» колхозра ирттернĕ семинара пынисем чи малтан çак колхозра выльăх-чĕрлĕхсене хĕл каçарас ĕçе мĕнле йĕркелени паллашнă. Кунта выльăх-чĕрлĕхсем ăшă та çутă çуртсенче тăраççĕ, вĕсене рацион тăрăх тăрантараççĕ, ăшăтнă шывпа шăвараççĕ, апата вĕтетсе, пăспа çемçетсе параççĕ.

Ытти колхозсенче те семинарсем активлă иртрĕç.

М. АРБЕКОВ.

# Селекционерсем мĕншĕн селекци тумаççĕ, пурнăçпа пĕр тан пымаççĕ

Чăвашсен селекципе сăнав станцийĕ пурĕ 16 çул ĕçлет. 1939 çулта малтан селекци станцийĕ организациленнĕ пулнă. Каярахпа, 1944 çулта, селекци станцийĕпе зоотехника станцине пĕрлештерсе, Чăвашсен государство селекципе сăнав станцийĕ тунă.

Селекципе сăнав станцин тĕп задачи — ялхуçалăх культурисен çĕнĕ сортне кăларасси, выльăхсен çĕнĕ ăратне тăвасси, агротехникăлла çĕнĕ ĕçсене сăнаса пăхасси. Аслă Отечественнăй вăрçă çулĕсенче кунта наукăлла ĕçсем тĕлĕшпе нимех те тăваймаи, станци работникĕсем нуринчен ытларах хуçалăх ыйтăвĕсемпе интересленнĕ. 1945 çултан пуçласа çеç наукăлла хăшпĕр тĕрлĕ ĕçсем тума тытăннă. Çавăнтанпа 10 çул иртрĕ. Халĕ ĕнтĕ çак станци республика ялхуçалăхне мĕн пани е паманни çинчен калаçу хускатма та вăхăт.

Вырăсен чаплă ученăйĕ И. В. Мичурин çак ĕçне атаплантарас тĕлĕшпе 60 çул хушши ĕçлесе, 300 тĕрлĕ çĕнĕ сорт ӳстерсе кăларнă. (Çулталăкра 5 сорт!). Çав хушăрах вăл 200 кĕнеке çырнă. И. В. Мичуринăн ĕç результачĕсене илсен, ăна хаклама та йывăр, — ялхуçалăхăшăн те, совет наукишĕн те çав тери пысăк ĕç тунă вăл.

Мичуринла совет агробиологийĕ вĕрентнĕ тăрăх ĕçлесе, Совет Союзĕнчи наука учрежденийĕсем колхоз производствине нумай пулăшаççĕ. Селекци станцийĕсенчен нумайăшĕ пысăк тухăç паракан çĕнĕ сортсем, çĕнĕ ăратлă выльăхсем кăларчĕç. Хамăр республикăра акакан ялхуçалăх культурисем те халĕ пурте тенĕ пекех нумаях пулмасть кăларнă сортсем. Анчах çав сортсен хушшинче Сĕрпӳри селекци станцийĕ кăларнă сорт çук, мĕншĕн тесен кунта пĕр сорт та çĕнĕрен тăвайман.

Хамăрпа юнашар Горьки облаçĕнчи комплекслă сăнав станци юлашки çулсенче облаçри колхозсем валли «Гордеиформе 496» тата «Лютесценс 2351» ятлă тулă сорчĕсем кăларса пачĕ. «Гордеиформе 496» — сут пĕрчĕллĕ тулă, вăл хура тăпраллă мар тăрăхра чи пысăк тухăçлă сорт шутланать. Халĕ сăнав станцийĕ ăна татах та лайăхлатас тĕлĕшпе ĕçлет.

«Лютесценс 2351» тулă сортне илсен, вăл тусанлă вутпуççе пачах пармасть, тĕмĕлле сӳлĕ ӳссен те ытти сортсем пек ӳкмест. Кунтах тата 65 кун хушшинче пулса çитекен вир кăларнă («Горьковское 43»), çавăн пекех кĕрхи тулăпа пăрçа сорчĕсене лайăхлатас тĕлĕшпе те нумай ĕçсем тунă.

«Казанская 5+6», текен ыраша пурте пĕлеççĕ. Çавăн пекех «Вятка» текен ыраш çинчен те илтнĕ. Вĕсем пурте кӳршĕсем кăларнă сортсем. Республикăра кашни колхозрах çав сортсене ĕретсе акаççĕ, мĕншĕн тесен вĕсем ку тăрăхра ытти сортсенчен тухăçлăрах пулаççĕ. Тепĕр тĕслĕх: Петровски (Пенза облаçĕ) селекци станцийĕ нумай пулмасть кăларнă «Петровская 7» текен кĕрхи тулă сорчĕ хĕллехи сивве те, çуллахи шăрăха та парăнмасть иккен. Çав вăхăтрах вăл питĕ тухăçлă пулать, час пиçсе çитет. Çавăн пек çĕнĕ сортсен пахалăхĕ каламасăрах паллă ĕнтĕ.

Сынсем малалла, пурнăçпа пĕр тан кайнă вăхăтра, Чăвашсен селекципе сăнав станцийĕ вара пĕр вырăнтах тăпăртатса тăрать, çĕнĕ сорт тырă туса парас ĕç кунта чăтма çук вăраххăн пулса пырать.

Ку станцире 10 çул хушши ĕнтĕ Я. Ф. Лукьяненко юлташ ертсе пырать. Çĕнĕ сорт çинчен сăмах хускатсан вăл ялан çапла калать: сĕре лайăхлатсан çеç тухăçлă тыррпул туса илме пулать, унсăрăн лайăх вăрлăх та, сортлă тырă акни те пулăшмасть. Кам тавлашĕ, — ку вăл ученăй каламасăрах паллă пулнă. Анчах хальхи куçпа пăхас пулсан, çапла калани тĕрĕс мар. Чăнах та, удобренисем çителĕклĕ кăларман нирри хăшпĕр колхозсенче сĕр апăх, ăна пытарма кирлĕ мар. Çав вăхăтрах нумай колхозсем хăйсен сĕрне çултан-çула лайăхлатса пыраççĕ. Çавна май çакнашкал ыйтусем сиксе тухма пултараççĕ: лайăх сĕр çине сортлă тырă аксан лайăхрах пулмĕ-ши? Селекци станцийĕ Горьки облаçĕнчи станци пек вырăнти условисене килĕшекен сортсем туса парсан усăллăрах мар-ши? Шăпах çавăн пек ыйтусене татса парайман пирки хăйне айăпласенчен хăраса калать те ĕнтĕ Лукьяненко юлташ лайăх сĕрсĕр тырă пулмасть текен авалхи сăмаха. Ахальтен мар «шкири-шкиренĕ, кĕрĕк пĕркеннĕ» тесе каланă ваттисем.

Чăнах та, çĕнĕ сортсем кăларас енĕпе станци хăшпĕр ĕçсем туса ирттернĕ. Станцин наукăлла ĕçĕсем çинчен 1955 çулшăн çырнă отчет тăрăх станци урпа сортне çĕнетес тĕлĕшпе чылай ĕçсем тунă пек курăнать. Унсăр пуçне люцерна сортне тата клевера лайăхлатса пынине мухтанса илнĕ. Анчах, чăннипе илсен, кун пек ĕçсене ячĕшĕн кăна, селекци станцийĕ туманшăн айăпласси ан пултăр тесе çеç асăнса илнĕ. 1955 çулхи отчетра асăннă урпа çинчен 1949 çулхи отчетра та хальхи сĕрлех каланă пулнă.

Çапла ыйту тухса тăрать: селекципе сăнав станцийĕнче ĕçлекен селекционерсем селекци тумаççĕ пулсан, вара мĕн туса пурăнаççĕ-ха кунта вĕсем? Калас пулать, унта ĕçлекен наука çыннисемпе специалистсем ĕçсĕр лармаççĕ. Станци директорĕ Лукьяненко юлташ ертсе пынипе вĕсем агротехникăлла ĕçсене сăнаса пăхса пĕлеççĕ. Сăмахран, уя удобренисем кăларса, сĕрĕн сухалакан сийне тарăнлатас ыйтăва татса парас тĕлĕшпе станци нумай опытсем тунă. Клевера сурхи тырăсем çине акма юрани-юраманнине станци пĕлесшĕн тăрăшать тата ытти çавăн пек ĕçсем ирттерет. Анчах питех те кирлĕ-ши пире çавăн пек опытсем? Пирĕн шутпа кирлĕ мар. Ун вырăнне малта пыракан колхозсене сыхăну тытмалла пулнă, мĕншĕн тесен çавăн пек ыйтусене вĕсем тахçанах татса панă. Çĕнĕ ыйтусем тĕлĕшпе ытларах ĕçленĕ пулсан станци усăллă ĕç тунă пулĕччĕ.

Çĕнĕлле ĕçсемпе станци пачах интересленмест тесен тĕрĕсех мар пулĕ. Анчах ун пек ĕçсем хушшинче те кирлĕ маррисем пур. Акă, станцин пĕр «çĕнĕлле» ĕçне илсе кăтартар. Сурхи тулă вутпуççирен аптăрать. Çавна кура селекционерсем вутпуççе пачах парăнман сорт кăларасшăн. Ку тĕлĕшпе Горьки облаçĕнчи сăнав станцийĕн ĕçĕсем лайăх результатсем пачĕç. Пирĕн селекци станцийĕ опытсем туса пăхса урăхла сĕнет: сурхи тулă çинче вутпуççи ан пултăр тесен, ăна кĕркунне акса хăвармалла. Сиенсен пăхсан ку ĕç ытла та çĕнĕ пек. Çĕнни прогрессивлă вĕт-ха. Чăннипе илсен вара, çав «çĕнĕ» сĕнĕвре çĕнĕ сорт кăларассинчен хăракан станцин фокусĕсĕр пуçне урăх нимĕн те çук.

Кукуруза акса тăвас тĕлĕшпе станци пурнăçран юлмасть темелле. 1955 çулта кукуруза тĕлĕшпе сахал мар опытсем тунă, нумай ĕçленĕ. Кукурузăна мĕнле майпа аксан лайăхрах пулнине те, пирĕн тăрăхра мĕнле сортсем лайăхрах ӳснине те тĕпченĕ. Анчах, отчета вуласан, станци ку мар, урăххи интереслентернĕ пек курăнать. Силос тума хăшĕ — кукуруза е хĕвелçаврăнăшĕ лайăхрах, — çакă пулса тăрать станци хăй умне лартнă тĕп ыйту. Вара хăйĕн отчетĕнче Лукьяненко юлташ çапла вывод тăвать: кукуруза хĕвелçаврăнăшĕнчен 9 процент таран çеç тухăçларах пулать. Хĕвелçаврăнăшне танлаштарсан, кукуруза ӳстерме 2,8 хут ĕç вăйĕ ытларах кирлĕ, çавăнпа та кукурузăран тунă силос хĕвелçаврăнăшĕнчен тунă силосран 2,7 хут хаклăрах ларать.

Кукуруза урăх ан акăр тесе тӳрремĕн каламан пулин те, станци тунă выводран çапла каланă пекех тухса тăрать.

Селекципе сăнав станцин директорĕ Лукьяненко юлташ кукуруза пирки тунă «наукăлла» вывод нимĕнле наукăна та сыхăнманни каламасăрах паллă. 1955 çул кукурузăшăн лайăх мар çул пулнине пурте пĕлеççĕ. Ун пек çул 100 çулта та пĕрре çеç пулать. Çавăнпа пĕртен-пĕр çулхи, çитменнине çанталăк условийĕсем япах пулнă çулти опытран кукурузăсем ытлашши хурласа пĕтерни тĕрĕс мар пулать. Чăнах та, наукăлла ĕçре хăвăрт кирлĕ. Анчах ĕнентерме пултарайман фактсемсĕр вăл пĕрте вырăнлă пулас çук.

Станци отчетне вуласан, вăл питĕ нумай усăллă ĕçсем тунă пек курăнать. Эпир, тесе çырнă 1955 çулти отчетра, 1949 çултанпа сăнаса пăхнă тăрăх, сĕртме уйне «Торсдаг» пăрçа акни усăллă пулни палăрчĕ. Пире кура, çырать малалла Лукьяненко юлташ, 1955 çулта республикăри колхозсем 14.195 гектар çине «Торсдаг» пăрçа сĕртме уйне акрĕç. Эпир малалла та сĕртме уйĕнче пăрçа акса тума сĕнетпĕр.

Час пулса çитекен пăрçана сĕртме уйне акса илни, чăнах та, питĕ усăллă ĕç, çавăнпа та вăл республикăра массăллăн сарăлчĕ. Анчах та ăна пуçараканни чăн та селекци станцийĕ пулнă-ши? Çук, вăл мар. Кольцовкăри Сталин ячĕпе тăракан колхоз 1947 çултах сĕртме уйне «Торсдаг» пăрçа акса пысăк тухăç илнĕ. Çав опыт çинчен хаçатсенче те çырнă, тĕрлĕ канашлусенче те нумай каланă. Сĕртме уйне пăрçа акасси çав колхозран пуçланса кайнă. Селекци станцийĕ ку тĕлĕшпе малта пыракан колхозсенчен икĕ çул кая юлнă.

Наукăлла ыйтусем тĕлĕшпе станци çителĕксĕр ĕçленине Лукьяненко юлташ станцин хуçалăхĕ юхăнса юлнипе сăлтавлама пăхатчĕ. Хуçалăха ура çине тăратсан наукăлла ĕçсем ним чăрмавсăр пулса пырĕç, тетчĕ вăл хăй ĕçе тытăнсан малтанхи çулсенче. Калас пулать, хуçалăх тĕлĕшĕнчен селекципе сăнав станцийĕ вăрçă хыççăнхи çулсенче чăнах та питĕ вăйсăр пулнă. Тӳрех каламалла: Лукьяненко юлташ станци хуçалăхне вăйлатас тĕлĕшпе нумай ĕçленĕ. Унăн организаторла пултарулăхне никам та пытарасшăн мар. Вăл тăрăшнипе станци хуçалăхĕ ура çине тăрса çитнĕ, халĕ ĕнтĕ 4—5 çул ытла станци хăйĕн çĕрĕ çинче тухăçлă тырпул ӳстерет. Çавăн пекех выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе те станци пысăк çитĕнӳсем турĕ. Сăмахран, иртнĕ ялхуçалăх çулĕнче кунта кашни ĕнерен 4.318-шар килограмм сĕт суса илнĕ. Çапла вара, селекци станцийĕнче производство енчен ĕçсем халĕ йĕркеллĕ пулса пыраççĕ. Производствăлла ĕçсем станцире лайăх пулса пыни çывăхри колхозсен ĕçне лайăхлатма та хăшпĕр енчен пулăшать. Анчах эпир ун пирки мар, кунта наукăлла ĕçсем ытла та çителĕксĕр пулса пынăшăн селекци станцине критиклесшĕн, мĕншĕн тесен çĕнĕ сортсемпе çĕнĕ ăратлă выльăхсем кăларасси вăл станцин тĕп задачи пулать. Вăл производствăлла ĕçсемпе çеç интересленмелле пулнă пулсан, вара селекци станцийĕ те кирлĕ мар пулнă пулĕччĕ.

Селекци станцийĕн коллективĕ производствăна çĕклентерме пултарать пулсан, вăл наукăлла ĕçсене те тума пултарать ĕнтĕ. Анчах мĕншĕн-ха наукăлла ĕçсем кунта вăраххăн пулса пыраççĕ? Селекционерсем мĕншĕн селекци тумаççĕ, пурнăçпа пĕр тан утмаççĕ?

Çĕнĕ машина конструкцилене чухне конструкторсем производствăра ĕçлекенсемпе тачă сыхăнса ĕçлеççĕ. Коллективпа ĕçлени нĕччен ĕçлениччен ăнăçлăрах. Чăвашсен селекци станцийĕнче урăхла шутлаççĕ. Станци республикăра малта пыракан колхозсемпе сыхăнса тăманни çинчен маларахра асăннăччĕ. Ку вăл станцин наукăлла ĕçĕнчи пĕр çитменлĕхĕ пулать. Тепĕр çитменлĕх вăл — станцири наука работникĕсене директор шанманни. Лукьяненко юлташ çинчен кунта çапла калаççĕ: вăл хăйне пĕртен-пĕр селекционер тесе шутлать, ыттисем вара унăн техникăлла исполнителĕсем çеç пулмалла. Наукăлла ĕçсене кунта çавăн пек организациленĕ те. Тĕслĕхрен, специалистсемпе наука работникĕсен йышĕ кунта сахал мар пулин те, наукăлла ĕçсем тума палăртнă темăсенчен ытларах пайне станци директорĕ хăй çине илет. Çĕклеме пултарайман çĕклем çĕклени, паллă ĕнтĕ, ăнăçлă пулмасть.

Селекци станцинчи тепĕр пысăк çитменлĕх вăл — кунта специалистсемпе наукăлла кадрсем час-часах улшăнса тăни. Лукьяненко юлташ вĕсене нумай çулсем хушши ĕçлеттерме тăрăшмасть. Вăл пачах урăх çул çине — вĕсене вырăнтан кăларас е вырăнтан вырăна куçарас çул çине тăнă. Хăй ĕçлеме тытăнсан вăл малтанхи виçĕ çул хушшинчех 24 специалиста ĕçрен хăтарнă, 27 çынна çĕнĕрен ĕçе илнĕ, 26 сотрудника пĕр вырăнтан тепĕр вырăна куçарнă. 10 çул хушшинче пурĕ аллă специалист ытла станцирен тухса кайнă.

Ĕçе юрăхлă мар çынсене, паллах, вырăнтан вырăна та куçармалла пулнă пулĕ. Анчах станцире кирлĕ мар сĕртенех çынсемпе выляни пур. Акă пĕр тĕслĕх. 1948 çулхи февраль уйăхĕнче А. Александров агронома элита ушкăнĕн кĕçĕн научнăй сотрудникне илнĕ. Çав çулах август уйăхĕнче Александрова аслă научнăй сотрудник тăваççĕ. Унтанпа икĕ уйăх иртсенех Александрова элита ушкăнĕн аслă агрономĕ — семеновод тăваççĕ. 1950 çулта ăна урăх ĕç панă, 1951 çулта каллех элита ушкăнне куçарнă. Çав çулах вăхăтлăха ăна директорăн наука енĕпе ĕçлекен заместителĕ туса хураççĕ, çул пĕтиччен каллех агроном-семеновода куçараççĕ. 1952 çулта март уйăхĕнчен пуçласа Александров юлташ элита ушкăнĕн заведующийĕ пулса ĕçлет, çул вĕçленеспе вара Лукьяненко ăна агроном-садовод туса хурать.

Çынсемпе çавăн пек выляни кунта пĕрре мар пулнă. Паллах, çакă вăл çĕнĕ сорт тырă кăларас ĕçре пысăк чăрмав пулса тăрать. Тытăннă ĕçе çын вĕçне çитиччен туса пĕтерессе шанаймасть пулсан, вăл паян кунта, ыран унта ĕçлет пулсан, ĕçре ăнăçлăх пулаймасть. Селекци ĕçĕнче çынсемпе выляни пушшех сиенлĕ. Малашне кунта наука работникĕсемпе специалистсене ĕçлеме лайăхрах условисем туса памалла. Кадрсем улшăнса тăрассине пĕтермелле.

Селекципе сăнав станцин çитменлĕхĕсене республикăри тивĕçлĕ организацисемпе учрежденисем тахçанах пĕлнĕ. Станци ĕçне тĕрĕслекенсем Ялхуçалăх министерствинчен те, КПСС обкомĕн ялхуçалăх пайĕнчен те пулнă. 1953 çулта Чăваш АССР Министрĕсен Советĕнче те сӳтсе явнă. Анчах наукăлла ĕçсем енĕпе хăй вăхăтĕнче палăртнă çитменлĕхсем çаплипех юлнă. Сĕре лайăхлатмасăр нимĕнле сортлă тырă та тухăçлă пулмасть текен шухăш ытла та тарăн тымарланнă станцин ертсе пыракан работникĕсем хушшинче.

Чăвашсен селекципе сăнав станцийĕнче наукăлла ĕçсем юлса пынине малашне чăтма çук. Станци ĕçне вăйлатас, ăна колхоз производствине çывхартас тĕлĕшпе ялхуçалăх органĕсем çĕнĕ çулта тивĕçлĕ мерăсем йышăнĕç тесе шанас килет.

М. КОСТИН.

## Кантăр ытларах акар

Пирĕн колхоз чылайранпа кантăр акса тăвать. 1954 çул ăна 38 гектар акнă. Кашни гектартан вăтам шутпа 4,5 центнер кантăр вăрри, 6,0 центнер сӳс тухрĕ. 1955 çулта 42 гектар çинче акса турăмăр. Унăн тухăçĕ, малтанхипе танлаштарсан, икĕ хута яхăн ӳсрĕ. Гектартан 8,36 центнер кантăр вăрри тата çавăн чухлех сӳс илтĕмĕр. Уйрăм бригадăсенче вăл тата тухăçлăрах пулчĕ. А. Иосифов юлташ ертсе пыракан уй-хир бригадинче, вунă гектар çинчен кашни гектар пуçне 10,5 центнер кантăр вăрри çапса илнĕ, çавăн чухлех сӳс тухнă.

Колхоз государствăна кантăр парса татрĕ. Çак культурăран пурĕ 673 пин тенкĕ тупăш илтĕмĕр. Кунсăр пуçне государство пире 900 центнер ытла тулă парать. Çапла вара, кантăр акса тунă кашни гектар сĕртен эпир вăтам шутпа 16.250 тенкĕ ытла укса тата 21,5 центнер тулă илетпĕр. Артелĕн укса-тенкĕ тупăшĕ миллион тенкĕрен иртмелле. Çакăнтан çурри ытла кантăртан илнĕ тупăш.

Пысăк тухăçлă кантăр туса илесси сăмах ĕç мар. Кантăра вăхăтра татса çапма тата шыва хутса кăларма уйрăмах хытă ĕçлемелле. Пирĕн колхозниксем тăрăшса ĕçлерĕç. Кантăр туса илнĕ çĕрте ĕçленĕ колхозниксем ĕçкунĕ пуçне вуншар тенкĕ укса илессĕ. Малта пыракан А. Иосифов бригадинче вара пуннашер тенкĕ тивет. Бригадир 3.700 тенкĕ ытла укса илет. Пин çурăран кая илекенсем çук.

1955 çулхи çитĕнӳсемпе артель Пĕтĕм Союзри ялхуçалăх выставкине хутшăнма тивĕçлĕ пулчĕ. Выставкăна пур уй-хир бригадисем те хутшăнаççĕ.

Çĕнĕ çулта кантăра татах та тухăçлăрах ӳстерме, ăна сутса миллион тенкĕрен кая мар тупăш илме тăрăшатпăр.

С. ФИЛИППОВ.
«Волга» колхоз председателĕ.
Красноармейски районĕ.

## 1954—1955 ялхуçалăх çулĕнче „Республикăри чи лайăх телятница" ятне илнĕ колхозниксем

| Хушаматсем | Колхозсемпе совхозсем | Районсем | Пăру сăрĕплетнĕ | Пăру пăхса ӳстернĕ |
|---|---|---|---|---|
| Н. М. Злобина | Махорка совхозĕ | Улатăр | 25 | 25 |
| Т. И. Чернова | Ленин ячĕпе тăракан колхоз | Кувакино | 40 | 40 |
| С. А. Купташкина | Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | Çĕмĕрле | 25 | 25 |
| М. Н. Филатова | Ленин ячĕпе тăракан колхоз | Кувакино | 37 | 37 |
| В. К. Перепелкина | «Гвардеец» колхоз | Чкаловски | 38 | 38 |
| А. С. Долгова | Буденный ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | 70 | 70 |
| А. Н. Бирюкова | Махорка совхозĕ | Улатăр | 35 | 35 |
| А. Ф. Иазарова | «Красный Октябрь» колхоз | Тăвай | 35 | 35 |
| Р. П. Христофорова | Буденный ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | 27 | 27 |
| Е. М. Николаева | Молотов ячĕпе тăракан колхоз | Шупашкар | 40 | 40 |
| Ю. А. Александров | «Победа» колхоз | Калинино | 31 | 31 |
| Е. Е. Филиппова | «Восток» колхоз | Чкаловски | 47 | 47 |
| А. И. Игнатьева | Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | Вăрнар | 67 | 67 |
| А. А. Ильина | Чапаев ячĕпе тăракан колхоз | Шупашкар | 42 | 42 |
| Х. Х. Кутузова | Шверник ячĕпе тăракан колхоз | Первомайски | 40 | 40 |
| Н. П. Шишкина | «Большевик» колхоз | Пăрачкав | 36 | 36 |
| Н. Е. Кошкина | Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | Первомайски | 36 | 36 |
| А. И. Шишканова | «Первомайски» колхоз | Улатăр | 34 | 33 |
| З. Н. Потапова | «Первомайски» колхоз | Улатăр | 34 | 33 |
| А. С. Стенькина | Ильич ячĕпе тăракан колхоз | Улатăр | 32 | 32 |
| О. М. Миронова | «Новая жизнь» колхоз | Октябрьски | 32 | 32 |
| Р. Д. Махова | «За коммунизм» колхоз | Ишлей | 30 | 30 |
| А. И. Ильина | Ленин ячĕпе тăракан колхоз | Ишлей | 29 | 29 |
| Н. С. Иванова | Ленин ячĕпе тăракан колхоз | Ишлей | 28 | 28 |
| П. С. Лыскова | «Красная Чувашия» колхоз | Первомайски | 28 | 28 |
| З. И. Краснова | «Новый путь» колхоз | Тăвай | 26 | 26 |
| Н. И. Шмелева | «За коммунизм» колхоз | Ишлей | 25 | 25 |
| А. И. Фролова | Суворов ячĕпе тăракан колхоз | Пăрачкав | 25 | 25 |
| М. Г. Муленкова | Суворов ячĕпе тăракан колхоз | Пăрачкав | 25 | 25 |
| М. С. Шабалкина | Чапаев ячĕпе тăракан колхоз | Пăрачкав | 25 | 25 |
| А. С. Родионова | Карл Маркс ячĕпе тăракан колхоз | Пăрачкав | 23 | 23 |
| М. П. Быченкова | Ленин ячĕпе тăракан колхоз | Пăрачкав | 22 | 22 |
| М. Т. Маркина | Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | Пăрачкав | 22 | 22 |
| А. Н. Горожанина | «Борьба за социализм» колхоз | Пăрачкав | 21 | 21 |
| З. И. Горелова | Жданов ячĕпе тăракан колхоз | Пăрачкав | 20 | 20 |
| Е. П. Горбунова | Жданов ячĕпе тăракан колхоз | Пăрачкав | 20 | 20 |
| Е. В. Васильева | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Шупашкар | 33 | 33 |
| Е. М. Матвеева | Шверник ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | 33 | 33 |
| Л. П. Павлова | «Большевик» колхоз | Шупашкар | 23 | 28 |
| А. А. Виноградова | Калинин ячĕпе тăракан колхоз | Шупашкар | 27 | 27 |
| А. Е. Клочкова | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Вăрнар | 160 | пăрăва тăватă уйăха çитиччен пăхса ӳстернĕ. |

## 100 гектар çĕр пуçне çăм нумай илнĕ фермăсен заведующийĕсем

| Хушаматсем | Колхозсем | Районсем | 100 гектар çĕр пуçне çăм илнĕ (килогрампа) |
|---|---|---|---|
| Н. М. Крынецкий | Буденный ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | 116,0 |
| З. И. Хлебникова | «Аврора» колхоз | Муркаш | 93,0 |
| А. С. Калинкин | Ленин ячĕпе тăракан колхоз | Сĕнтĕр | 85,0 |
| С. Г. Железов | Киров ячĕпе тăракан колхоз | Чкаловски | 72,9 |
| И. К. Емельянов | «Красное Сормово» колхоз | Комсомольски | 77,0 |
| И. И. Иванов | Калинин ячĕпе тăракан колхоз | Первомайски | 72,0 |
| Я. А. Кузнецов | Жданов ячĕпе тăракан колхоз | Вăрнар | 62,0 |
| Г. Д. Судаков | «Трактор» колхоз | Елчĕк | 61,9 |
| И. Г. Гордеев | «Труд» колхоз | Муркаш | 59,0 |
| Н. М. Михайлов | «Победа» колхоз | Вăрнар | 59,0 |
| И. Г. Чернов | «Путь коммунизма» колхоз | Первомайски | 53,0 |
| О. Ф. Фомина | Молотов ячĕпе тăракан колхоз | Вăрнар | 53,0 |
| М. В. Васильев | Молотов ячĕпе тăракан колхоз | Октябрьски | 44,1 |
| В. П. Кураков | «Пламя Октября» колхоз | Чкаловски | 43,5 |
| Т. Н. Николаев | Карл Маркс ячĕпе тăракан колхоз | Хĕрлĕ Чутай | 42,1 |
| А. Т. Захаров | «Дружба» колхоз | Комсомольски | 41,6 |
| И. М. Тухлин | «Путь Ильича» колхоз | Улатăр | 41,3 |
| Ф. И. Читнаев | «Искра» колхоз | Комсомольски | 41,0 |
| М. Д. Дмитриева | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | 40,3 |
| Н. И. Ельмуков | Мичурин ячĕпе тăракан колхоз | Чкаловски | 40,2 |

## 1954—1955 ялхуçалăх çулĕнче „Республикăри чи лайăх свиновод" ятне илнĕ колхозниксем

| Хушаматсем | Колхозсем | Район | Ама сăрĕплетсе панă | Пĕр амаран çура пăхса ӳстернĕ |
|---|---|---|---|---|
| Е. М. Смирнова | Шверник ячĕпе тăракан колхоз | Элĕк | 8 | 24,1 |
| В. Д. Данилова | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Муркаш | 10 | 23,8 |
| З. И. Рябчикова | «Красная звезда» колхоз | Комсомольски | 8 | 23,0 |
| В. А. Плотникова | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Муркаш | 10 | 22,9 |
| А. А. Трофимова | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Муркаш | 10 | 22,7 |
| К. М. Музыкова | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Муркаш | 10 | 22,7 |
| Т. А. Сергеева | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Муркаш | 10 | 22,7 |
| А. А. Воробьева | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Муркаш | 10 | 22,6 |
| А. И. Кульмакова | «Красная звезда» колхоз | Комсомольски | 8 | 22,0 |
| А. С. Автономова | «Красная звезда» колхоз | Комсомольски | 8 | 21,5 |
| Е. А. Ильина | «Гвардеец» колхоз | Калинино | 8 | 21,1 |
| Т. Ф. Прокаева | Махорка совхозĕ | Улатăр | 13 | 21,0 |
| А. С. Алмазова | Махорка совхозĕ | Улатăр | 12 | 21,0 |
| В. И. Ильина | Свердлов ячĕпе тăракан колхоз | Советски | 12 | 21,0 |
| М. Ф. Меркулова | «14 лет Октября» колхоз | Çĕмĕрле | 8 | 21,0 |
| А. А. Андреев | «Слава» колхоз | Чурачăк | 11 | 20,8 |
| Л. Е. Акчурина | «Красная звезда» колхоз | Комсомольски | 8 | 20,7 |
| К. Я. Яковлева | «Сталинец» колхоз | Муркаш | 10 | 20,5 |
| Л. И. Вершкова | «Красное Сормово» колхоз | Комсомольски | 8 | 20,5 |
| А. В. Смирнова | «Красное Сормово» колхоз | Комсомольски | 8 | 20,0 |
| Т. Е. Егорова | Мичурин ячĕпе тăракан колхоз | Красноармейски | 8 | 20.0 |
| Р. Ф. Новикова | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Вăрнар | 10 | 19,9 |
| Н. П. Кудрявцева | Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | Елчĕк | 10 | 19,7 |
| В. А. Борисова | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Тăвай | 10 | 19,6 |
| Н. И. Парикова | «Колос» колхоз | Сĕнтĕр | 8 | 19,5 |
| В. Т. Семенова | «Красная звезда» колхоз | Комсомольски | 10 | 19,5 |
| Н. А. Ванюхина | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Вăрнар | 10 | 19,4 |
| З. М. Матвеева | «Сталинец» колхоз | Муркаш | 10 | 19,3 |
| В. П. Петрова | «Красная звезда» колхоз | Комсомольски | 8 | 19,3 |
| В. Т. Николаева | «Колос» колхоз | Сĕнтĕр | 10 | 19,2 |
| Е. И. Одинцова | Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | Канаш | 7 | 19,1 |
| А. Г. Сенькова | Ленин ячĕпе тăракан колхоз | Çĕмĕрле | 11 | 19,0 |
| И. А. Сандыркина | «Красное знамя» колхоз | Чкаловски | 10 | 19,0 |
| И. В. Демахин | «Новая жизнь» колхоз | Çĕрпӳ | 8 | 19,0 |
| М. И. Ильина | Мичурин ячĕпе тăракан колхоз | Красноармейски | 8 | 19,0 |
| М. Н. Никитина | «Самолет» колхоз | Элĕк | 7 | 19,0 |
| М. З. Захарова | «Самолет» колхоз | Элĕк | 7 | 19,0 |
| Н. И. Иванова | «Самолет» колхоз | Элĕк | 7 | 19,0 |
| П. С. Егорова | «14 лет Октября» колхоз | Çĕмĕрле | 7 | 19,0 |
| А. Я. Якимова | Киров ячĕпе тăракан колхоз | Сĕнтĕрвăрри | 11 | 18,9 |
| Н. В. Маркелова | Киров ячĕпе тăракан колхоз | Сĕнтĕрвăрри | 11 | 18,7 |
| Ф. Н. Александрова | «Дружба» колхоз | Комсомольски | 10 | 18,7 |
| В. Е. Орлова | «Дружба» колхоз | Комсомольски | 10 | 18,6 |
| В. Ф. Плешкова | «Гвардеец» колхоз | Чкаловски | 10 | 18,5 |
| З. И. Ильмендерева | «Колос» колхоз | Сĕнтĕр | 8 | 18,5 |
| Н. Е. Илюшин | «Новая жизнь» колхоз | Çĕрпӳ | 9 | 18,4 |
| Л. Л. Сорокина | «Гвардеец» колхоз | Чкаловски | 10 | 18,4 |
| О. Н. Федорова | «Сталинец» колхоз | Муркаш | 10 | 18,3 |
| А. И. Ильина | «Дружба» колхоз | Комсомольски | 8 | 18,3 |
| З. Г. Ильязова | «Дружба» колхоз | Комсомольски | 10 | 18,2 |
| П. И. Галкина | «Восток» колхоз | Чкаловски | 8 | 18,2 |
| Ф. И. Андреева | «Дружба» колхоз | Комсомольски | 10 | 18,1 |
| Е. А. Ильина | «Дружба» колхоз | Комсомольски | 10 | 18,1 |
| Р. И. Соболева | «Новая жизнь» колхоз | Çĕрпӳ | 9 | 18,1 |
| М. И. Спиридонова | «Новая жизнь» колхоз | Çĕрпӳ | 9 | 18,1 |
| Н. А. Инюшкина | Суворов ячĕпе тăракан колхоз | Пăрачкав | 13 | 18,0 |
| Т. И. Данилушкина | «Победа» колхоз | Улатăр | 11 | 18,0 |
| Ф. К. Кузьмина | «Гвардеец» колхоз | Шупашкар | 11 | 18,0 |
| Л. С. Софронова | «Гвардеец» колхоз | Шупашкар | 11 | 18,0 |

(Малалли пулать)

## „Женьминьжибао" хаçат Совет Союзĕн мирлĕ политикин çитĕнĕвĕсем çинчен

ПЕКИН, январĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). «Пĕр-пĕрипе мирлĕ килĕштерсе ĕçлемелли идейăн аслă çĕнтерĕвĕсем» ятлă умстатьяра «Женьминьжибао» хаçат çапла çырать: 1955 çулта колониализма хирĕç тăракан тĕнчери вăйсем çĕнĕрен çирĕпленчĕç. Вăрçă хыççăнхи историе çак çулталăк пĕр-пĕрипе мирлĕ пурăнмалли, тĕнчери çĕршывсем пĕр-пĕрипе килĕштерсе ĕçлессине вăйлатмалли политикăн нумай çĕнтерĕвĕсен çулталăкĕ, Азипе Африкăри çĕршывсенче колониализмă хирĕç пыракан кĕрешӳ нихçанхинчен те ытларах вăйланнă çулталăк пулса кĕрет. Çак çулталăкра нумайрах та нумайрах государствăсем никама пăхăнман политика тытса пыма тăрăшрĕç. Çакă вăл тĕнчери агрессилле ушкăнсен «вăйпа хăратас политикине» пысăк поражени кӳчĕ. Паян халăхсем мирпе прогрессăн тăрăшни никам çĕнтерейми аслă материальнăй вăй пулса тăчĕ. 1955 çулхи декабрĕн 29-мĕшĕнче СССР Верховнăй Совечĕн сессийĕнче Булганинпа Хрущев хăйсем Индие, Бирмăна тата Афганистана кайса килни çинчен каланă сăмахсенче иртнĕ çулхи лару-тăрăва уççăн пĕтĕçтерсе, пĕр-пĕрипе мирлĕ пурăнас идейăн аслă çĕнтерĕвне кăтартса пачĕç. Çак идея тĕнчери лару-тăру аталанăвне малалла илсе пыракан хăватлă вăй пулса тăрать.

Иртнĕ çул, тесе кăтартса парать хаçат, миршĕн, тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатассишĕн пыракан кĕрешӳре Совет Союзĕ уйрăмах хисеплĕ вырăн йышăнчĕ. Хĕçпăшалсене пур çĕрте те чакарасси, атомлă хĕçпăшала чарса лартасси çинчен тăракан ыйтура Совет Союзĕ хӳтĕлекен шухăша, çавăн пекех вăл Европăра коллективлă хăрушсăрлăх системи туса хурасси çинчен кăларса тăратнă сĕнӳсене тĕнчери мире юрятакан пур халăхсем те ырлаççĕ. Совет Союзĕпе Югослави хушшинчи хутшăнусем тĕпренех лайăхланчĕç. Совет Союзĕпе Финлянди, Норвеги, Канада тата Федеральнăй Германи Республики хушшинчи туслă çыхăнусем те малăрмаллах лайăхланчĕç. Çакна уйрăмах палăртас пулать: Булганинпа Хрущев Инди, Бирма тата Афганистан руководителĕсемпе, унти халăхсемпе тĕл пулнă май, Совет Союзĕ Азири çĕршывсемпе тытакан туслă çыхăнусем хăйсен аталанăвĕн çĕнĕ тапхăрне кĕчĕç. Çаксем пурте вĕсем, тесе кăтартса парать хаçат, Совет Союзĕ мире çирĕплетме, халăхсем хушшинчи туслăха аталантарма тăрăшнине кăтартса параççĕ.

Булганинпа Хрущев Азири çĕршывсенче пулнин çав тери пысăк пĕлтерĕшĕ çакăнта пулать: Азипе Африкăри çĕршывсен конференцийĕ тата Женеври канашу тунă çитĕнӳсен никĕсĕ çинче Совет Союзĕ пĕр-пĕрипе мирлĕ пурăнас идейăна малалла аталантарма нумай пулăшрĕ.

Совет Союзĕпе Азири çĕршывсем хушшинчи ытларах та ытларах вăйланса пыракан туслăха, тесе кăтартса парать «Женьминьжибао» хаçат, пĕтĕм тĕнчери мире юрятакан халăхсем хĕрӳллĕн ырлаççĕ. Çак туслăх вăл Азири тата пĕтĕм тĕнчери мире хӳтĕлес ĕçĕн пысăк факторĕ пулса тăрать.

## Кашмир премьер-министрĕ тунă заявлени

ДЕЛИ, январĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). «Хиндустан таймс» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Кашмир премьер-министрĕ Гулям Мохаммед Бахши январĕн 1-мĕшĕнче Делири хаçатсен представителĕсем валли заявлени тунă. Кашмир çĕршывĕн малашлăхне Кашмир халăхĕ хăй татса парĕ, унăн ĕçĕсене урăххисем хутшăнни Кашмир, Пакистан тата Инди халăхĕсем валли çĕнĕ хăрушлăх кăларса тăратать, Азири мире пăсма пултарать, çакна ăна Совет Союзĕ ăнланать, çавăн пекех ăна ытти аслă державăсем те ăнланса илме тивĕç.

Бахши çапла кăтартса панă: Совет Союзĕн руководителĕсем Кашмира килсе кайни çав тери пысăк пĕлтерĕшлĕ событи пулчĕ. Çак штат халăхне Булганинпа Хрущев ырă сунса калани ăна питĕ кăмăлла пулчĕ.

Совет Союзĕ вăл — аслă держава. Унăн руководителĕсем Кашмир халăхĕ Индипе пĕрлешме йышăннине ырлани пĕлтерĕшĕ питĕ пысăк.

Бахши çакна палăртнă: Кашмир Индипе татăлайми пĕрлешрĕ, çак штатăн малашлăхĕ пирки ыйтăва çĕнĕрен хускатма хăтланнине халăх тӳссе тăрас çук.

Кашмир премьер-министрĕ çапла каланă: халĕхи вăхăтра штат экономики вăйланса пырать, иккĕмĕш пилĕк çуллăх план тăрăх штат экономикине аталантарма 510 миллион рупи расходлаççĕ.

### СУИ ЦИН-ЛИН РАНГУНА ПЫРСА ÇИТНĔ

РАНГУН, январĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Бирма правительстви чĕннипе паян Пĕтĕм Китайри халăх представителĕсен пухăвĕн йĕркелӳ комитечĕн председателĕн заместителĕ Суи Цин-лин Рангуна пырса çитнĕ.

Рангун аэродромĕнче Суи Цин-лина Бирма премьер-министрĕ У Ну тата Бирма правительствин ытти деятелĕсем, çавăн пекех Китай Халăх Республикин Бирмăри посолĕ Яо Чжун-мин, Инди посолĕ Саксена тата ССР Союзĕн Бирмăри посолĕ А. Д. Шиборин кĕтсе илнĕ.

Суи Цин-лин Бирмăра январĕн 19-мĕшĕччен пулать.

## Корея халăхĕн 1955 çулхи çитĕнĕвĕсем

ПХЕНЬЯН, январĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). «Нодон синмун» хаçат профсоюзсен Пĕтĕм Корейăри федерацийĕн Центральнăй Комитечĕн председателĕн заместителĕ Кан Сель Мо Демократиллĕ Корея Халăх Республикинчи ĕçсынисем 1955 çулта тунă çитĕнӳсем çинчен çырнă статьяпа пичетлесе кăларнă.

Статьяра çакна палăртнă: промышленность продукци туса кăлармалли çулталăкри плана 1955 çулхи ноябрь уйăхĕн вĕçĕнчех 95 процент тултарнă. Çак вăхăт хушшинче, 1949 çулхипе танлаштарсан, 140 процент, 1943 çулхипе танлаштарсан, 241 процент чухлĕ продукци туса кăларнă. Йывăр промышленность, энергетика, машиностроени тата хими промышленносĕн отраслĕсенче чи кирлĕ продукци туса кăларас тĕлĕшпе çулталăкри плансене иртерсе тултарнă.

Электроэнерги туса кăлармалли плана 102 процент, чугун шăратмалли плана 115 процент, хурçă шăратмалли плана 251 процент, рудниксем валли оборудовани тумалли плана 104 процент тултарнă, Электродвигательсем тумалли плана 119 процент, трансформаторсем туса кăлармалли плана 134 процент пурнăçланă. Химилле удобренисем тăвакан Хыннам комбинатĕнче зорнокислый аммони туса кăлармалли оборудованипе юсани, Супхун гидроэлектростанцийĕн 100 пин киловатт хăватлă генераторне, Ким Чак ячĕпе тăракан металлурги заводĕнче домна кăмакине ĕçе яни, Киянри машинăсем тăвакан завода туса пĕтерни, Пхеньянри пир-авăр комбинатне, Маннепри рудана лайăхлатакан фабрикăна ĕçе яни çĕршывăн халăх хуçалăхне аталантарма нумай пулăшнă.

## Египет премьер-министрĕ Асуан плотинине тума Англипе Америкăран укçа кивçен илесшĕн мар

НЬЮ-ЙОРК, январĕн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Ассошиэйтед-Пресс агентствин корреспонденчĕ Вашингтонран пĕлтернĕ тăрăх, висĕ эрне каялла Англипе США Египет премьер-министрне Насера Нил шывĕ çинче Асуан плотинине тумашкăн Египета укçа кивçен пама хатĕр пулни çинчен хыпар янă. Çав укçана Египета уйрăм условисем тăрăх пама шутлани çинчен пĕлтерӳре каланă. Сăмахран, тĕнчери реконструкципе аталану банкĕ (Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсем контроллесе тăраканскер) Египет экономикине «хăтпĕр енчен тĕрĕслесе тăма» право илесшĕн.

Египет премьер-министрĕ Гамаль Абдель Насер, тесе çырать корреспондент, Египета çавăн пек условисем йышăнтарма хăтланнине хирĕç «вăйлă протест тунă», çав условисенчен хăшне-пĕрне сирсе пăрахнă. Насер Пĕрлешӳллĕ Штатсен Египетри посолне Байроуда тӳррех çапла каланă: çавăн пек условисем кăларса тăратни вăл Египет ĕçĕсене хутшăнни, Египетăн суверенитетне пăсакан требовани лартни пулать, тенĕ.

Корреспондент малалла çапла пĕлтерет: Нил çинче Асуан плотинине тăвассипе çыхăннă ыйтусем тăрăх канашлама Байроуд январĕн 3-мĕшĕнче Каиртан Вашингтона тухса каять.

## Совет правительствин делегацийĕ Либерие пырса çитнĕ

МОНРОВИЯ, январĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС спецкорĕ). Декабрĕн 31-мĕшĕнче Либери столицине — Монровия хулине Совет правительствин делегацийĕ пырса çитнĕ. Делегацие СССР Верховнăй Совечĕн Союз Совечĕн председателĕ А. П. Волков ертсе пырать. Делегаци Либери республикин президенчĕ Табмэн господин тата республика вице-президенчĕ Толберт господин çав вырăнсене официальнăй йĕркепе кĕнĕ май пулакан уява хутшăнать. Çав кунах Совет делегацине, çавăн пекех Монровие пырса çитнĕ урăх çĕршывсен делегацийĕсене Либери республикин президенчĕ Табмэн господин йышăннă.

Монровие пырса çитнĕ делегацисен членĕсем, Либерин государствăпа общество деятелĕсем, çавăн пекех Либерипе урăх çĕршывсен журналисчĕсем умĕнче совет делегацийĕн пуслăхĕ А. П. Волков Либери республикин президентне Табмэн господина СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ К. Е. Ворошилов янă посланине панă.

К. Е. Ворошилов çырнă посланире çакна шанса тăни çинчен каланă: Либери республикин президенчĕпе СССР Верховнăй Совечĕн Союз Совечĕн Председателĕ А. П. Волков тӳррĕнех çыхăну тытни икĕ çĕршыв хушшинче туслă çыхăнусем йĕркелес ĕçе пулăшĕ, тенĕ.

Ответлесе каланă сăмахра Табмэн господин çапла каланă: пĕр-пĕрипе тӳррĕнех çыхăну тытни халăхсем хушшинче пĕрпĕрне лайăхрах килĕштерсе пурăнма, халăхсем хушшинче туслă хутшăнусем тăвассине кансĕрлекен чăрмавсене сирсе пăрахма пулăшать. Вăл çапла кăтартса панă: ытти халăхсем мирлĕ пурăнма, пĕтĕм тĕнчери мир интересĕсемшĕн пĕр-пĕрипе килĕштерсе ĕçлеме тăрăшнине Либери халăхĕ ăнланать, тенĕ.

### *Польша делегацийĕ Берлина пырса çитнĕ*

БЕРЛИН, январĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Германи Республикин президенчĕ Вильгельм Пик çуралнăранпа 80 çул тултарнă ятпа пулакан уява хутшăнма паян Польша Халăх Республикин делегацийĕ Берлина пырса çитнĕ. Делегацие Польша Халăх Республикин Государство Совечĕн председателĕ, Польшăри рабочисен пĕрлешнĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕн Политбюро членĕ А. Завадский ертсе пырать.

Хĕвелтухăç вокзалĕнче делегацие Демократиллĕ Германи Республикин Министрĕсен Совечĕн Председателĕн заместителĕсем Л. Больц, О. Нушке, Ф. Зельбман, Г. Лох тата Демократиллĕ Германи Республикин ытти деятелĕсем кĕтсе илнĕ.

### Демократиллĕ Корея Халăх Республикин правительство делегацийĕ Берлина пырса çитнĕ

БЕРЛИН, январĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Германи Республикин президенчĕ Вильгельм Пик çуралнăранпа 80 çул тултарнине уявланă çĕре хутшăнма паян Демократиллĕ Корея Халăх Республикин правительство делегацийĕ Берлина пырса çитнĕ. Делегацие Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Аслă Халăх Пухăвĕн Президиумĕн председателĕ Ким Ду Бон ертсе пырать.

## Судан премьер-министрĕ тунă заявлени

КАИР, январĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). «Роза эль-Юсеф» журнал хăйĕн корреспонденчĕ Судан премьер-министрĕпе аль-Азхарипе калаçнине пичетлесе кăларнă. Унта премьер-министр Судан никама пăхăнмасăр пурăнакан çĕршыв пулса тăни çинчен каланă.

Çĕршывăн тулашри политики çинчен сăмах хускатса, аль-Азхари çапла каланă: «Судан нимĕнле пакт çумне те пĕрлешмĕ», унăн тулашри политики Египетăн тата тĕрлĕ пактсене хутшăнман ытти араб çĕршывĕсен политикипе килĕшсе тăрĕ». «Эпир, — тенĕ аль-Азхари, — нейтралитет политики тытса пырăпăр».

Малалла аль-Азхари çапла каланă: «Эпир Англипе нимĕнле килĕшӳ те тумăпăр. Судан хамăрăн суверенитета пăсе тăма пултаракан килĕшӳ тума нихăш государствăна та сăмах паман тата малашне те сăмах парас çук».

«Аль-Хайят» журнал Судан премьер-министрĕ аль-Азхари çак журналăн корреспонденчĕпе калаçнă чухне тунă заявление пичетлесе кăларнă. Аль-Азхари çапла пĕлтернĕ: «тулашри политика ыйтăвĕсенче Судан Египетпа тачă çыхăнса ĕçлĕ. Египет пекех, — тенĕ аль-Азхари, — Судан пактсем тăвас политикăна сивлет». Судан урăх çĕршывсен нимĕнле пакчĕсене те хутшăнмĕ, мĕншĕн тесен ун пек пактсене хутшăнни эпир хамăрăн ирĕклĕхе çухатасси патне илсе пынă пулĕччĕ, тенĕ вăл.

## Франциri Наци пухăвĕн суйлавĕ

ПАРИЖ, январĕн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Париж вăхăчĕпе ирхине 5 сехетре (Мускав вăхăчĕпе 7 сехетре) Франции шалти ĕçсен министерстви Наци пухăвĕн 331 депутатне суйлани результачĕсем çинчен пĕлтернĕ. (Тинĕс леш енчи департаментсемпе территорисене шута илмесен, Франци территорийĕнче 544 депутат суйламалла). Суйлав результачĕсем çакăн пек: коммунистсем—87, социалистсем—58, сулахайри тĕрлĕ ушкăнсем—1, «Сопротивлени демократилле тата социалистла союзĕ»—3, радикал-социалистсем (Мендес-Франс майлă тăраканнисем)—18, радикал-социалистсем (Фор майлă тăраканнисем)—12, «Сулахай республиканецсен пĕрлешĕвĕ»—6, «Независимăй республиканецсем тата «умеренный» тенекен ытти ушкăнсем — 65, «Республикăшăн тăракан халăх юхăмĕ»—48, «Социальнăй республиканецсем»—8, «Суту-илӳ тăвакансемпе ремесленниксене хӳтĕлекен союз» («Пужад юхăмĕ»)—23, сылтăмри ытти тĕрлĕ ушкăнсем—2 вырăн илнĕ. Суйлавăн çак результачĕсем коммунистсен партийĕ чылай пысăк çитĕнӳ тунине, сылтăмри политикăпа хăйлĕк ушкăнсем поражени тӳснине кăтартса параççĕ. Çав шутра «Социальнăй республиканецсем» (халичченхи деголлевецсем) пысăк поражени тӳсрĕ. Вĕсен депутат мандачĕсен пысăк пайне çухатаççĕ.

# Республикăри хуласемпе ялсенче

## Сесси решенийĕсене ырлаççĕ

ШĂХАСАН, январĕн 2-мĕшĕ. (Хамăр корр.). Районти ĕçсынисем СССР Верховнăй Совечĕн сессийĕ государствăн 1956 çулхи бюджечĕ çинчен йышăннă закона тата СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. А. Булганин юлташпа СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Членĕ Н. С. Хрущев юлташ Индие, Бирмăна тата Афганистана кайса килнин итогĕсем çинчен СССР Верховнăй Совечĕ йышăннă постановление тулли кăмăлпа ырлаççĕ.

— Эпир, — тет промкомбинатра урапасуна тăвакан цехра ĕçлекен М. Ларионичев юлташ, — Н. А. Булганинпа Н. С. Хрущев юлташсем Индие, Бирмăна тата Афганистана кайса килнине, хамăр правительствăн шалтипе тулашри политикине ырлатпăр. Государствăн 1956 çулхи бюджечĕ çинчен сессире йышăннă закон пирĕн партипе правительство ĕçсынисен пурнăçне лайăхлатса пыма, çĕршыв экономикине вăйлатма куллен тăрăшнине кăтартса парать.

Промкомбинат 1955 çулта лайăх ĕçлерĕ. Çулталăк планĕнчен ирттерсе 120 пин тенкĕлĕх продукци туса кăларнă. Халĕ кунта КПСС XX-мĕш съездне татах та пысăкрах ӳсĕмсемпе кĕтсе илессишĕн социализмла ăмăрту вăйланса пырать.

## Наука работникĕсен йышĕ ӳсет

Республикăри наука учрежденийĕсемпе институтсенчи работниксем пысăк ĕçсем тăваççĕ. 1955 çулта вĕсенчен 14 çын истори, филологи, философи, педагогика, ял хуçалăх, биологи, медицина наукисемпе юридически наука кандидачĕсен ятне илчĕç. Вĕсем—Чăвашсен чĕлхе, литература тата истори наукăпа тĕпчев институчĕн работникĕсем Денисов, Леонтьев, Любимов юлташсем, пединститут преподавателĕсем Григорьев, Феизов, Суворова, Абашев юлташсем, Вăрнарти ача-пăча санаторийĕнчи врач Петрова, ялхуçалăх институтĕнчи преподавательсем Никитин, Александрова юлташсем.

Халĕ республикăри аслă шкулсенче, наукăпа медицина учрежденийĕсенче наукăсен докторĕсем—6, наукăсен кандидачĕсем—86 çын ĕçлеççĕ. Висĕ докторпа 42 кандидат—чăваш халăх ывăлĕсемпе хĕрĕсем.

Чăваш çĕршывĕнчен тухнă 60 ученăй Мускаври, Ленинградри, Хусанти тата ытти хуласенчи аслă шкулсемпе наука учрежденийĕсенче ĕçлет. Вĕсен шутĕнче пĕтĕм çĕршывĕпе чапа тухнă геодезист, Сталинла премии лауреачĕ Иванов профессор, СССР Наука академийĕн геологи институчĕн директорĕн заместителĕ Антипов-Каратаев, экономика наукисен докторĕ Васильев, Йошкар-Олари вăрман хуçалăх институчĕн директорĕ Данилов профессор тата ыттисем те.

## Профсоюз активĕ вĕренет

Шупашкар хулинчи шкулсенче профсоюзăн вырăнти комитечĕсен председателĕсемпе профгруппăсен организаторĕсем, страхделегатсемпе культорганизаторсем пулма çĕнĕрен суйланă юлташсем чылай. Вĕсене ĕçре пулăшас шутпа пуçламăш тата вăтам шкулсенче ĕçлекенсен профсоюзĕн хула комитечĕ иртнĕ уйăхра икĕ канашлу-семинар ирттерчĕ.

Канашлу-семинарсенче 40-шер çын пулчĕ. Вĕсенче профсоюз обкомĕпе хула комитечĕн руководителĕсем «Производствăлла канашлусене ирттересси», «Профсоюзăн вырăнти комитечĕсен умра тăракан задачисем» тата ытти темăсем тăрăх докладсемпе лекцисем вуласа панă.

П. ЮТКИН.

## *Хор кружокĕ Мускава кайма хатĕрленет*

«Лесоруб» артельти хор кружокне 1937 çулта музыка ĕçне хăй тĕллĕн вĕреннĕ Арсентий Петрович Петров юлташ тăрăшнипе организациленĕ. Артель юрăçисем хăйсен пултарулăхне, хăйсем музыка культурине юратнине районти тата республикăри смотрсенче темиçе хутчен те кăтартса панă. 1955 çулхи смотрта мала тухнине шута илсе, хор руководителĕ А. Петров, артель председателĕ Г. Корнилов (вăл та хор кружокĕнче юрлать) тата артель членĕ Л. Владимирова юлташсене Чăвашпромсовет преми панă. Кунсăр пуçне кружока преми шучĕпе 2.500 тенкĕ тата музыка инструменчĕсемпе юрлакансем валли костюмсем туянма 18 пин тенкĕ уйăрса панă.

Сак хор кружокĕнче республикăра смотр ирттернĕ чухне 30 çын пулнă пулсан, халĕ коллектив 50 çынна пĕрлештерсе тăрать. Хорăн репертуарĕ те пуян. Кружок членĕсем юрлакан «Килмен-курман Шупашкарне», «Вăрман урлă касрăмăр», «Алтайран килнĕ çыру» (сăмаххипе музыки те А. Петровăн), «Атăл çинче», «Тăван партие мухтав», «Сталинград», «Колхозниксен ĕç юрри» тата ытти чылай юрăсем кăмăлла сĕклентереççĕ.

1956 çулхи пĕррремĕш кварталта Мускавра промысла кооперацийĕнчи художествăлла пултарулăх коллективĕсен Пĕтĕм Российăри смотрĕ пулмалла. Çак смотра хутшăнма тивĕçлĕ пулни Сĕнтĕрвăрри районĕнчи «Лесоруб» артель юрăçисен хавасланăхне çĕклерĕ. Вĕсем хăйсен пултарулăхне çĕршыв столицинче кăтартма тăрăшса хатĕрленеççĕ.

Т. МАЙОРОВ.

### Çĕнĕ çул ĕлки



Шупашкарти 7-мĕш вăтам шкула каникул пуçланнă кун кĕçĕн классенче вĕренекенсем кăнтăрлах пухăнма пуçларĕç.

Физкультура залĕнче эрешлесе пĕтернĕ ĕлка темиçе тĕрлĕ çутăсемпе ялкăшса ларать. Ачасем алран-алла тытăнса ташлаççĕ, савăнăçлă юрăсем юрлаççĕ, çĕнĕ çул сăввисем калаççĕ. Юлашкинчен Хĕл мучи пурне те çĕнĕ çул кучченеçĕсем валеçсе пачĕ. 1—2-мĕш класра вĕренекенсем кăнтăрла иртсе висĕ сехетчен савăнчĕç. Тăватă сехетре 3—4—5-мĕш классенче, 7 сехетрен пуçласа аслă классенче вĕренекенсем ĕлка тавра пухăнчĕç.

ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Çĕнĕ çул ĕлкинче.

Ф. Иванов фотоӳкерчĕкĕ.

## Кăткăс операцисем

Кирери больницăна йывăр чирленĕ çынна илсе пынă. Операци тумасăр ăна сыватма май пулман. Анчах кунти больницăра халиччен нихçан та кăткăс операцисем туса пăхман. Операци тумалли çынна поездпа Канаша илсе кайма тивнĕ.

Республикăри ытти хăшпĕр район центрĕсенчи тата ялсенчи больницăсенче те çавăн пек тĕслĕхсем сахал мар пулнă. Йывăр чирленĕ çынсене кăткăс операцисем тума е консультацисем ирттерме опытлă врачсем кирлĕ. Ялсенчи больницăсенче ĕçлекен врачсен квалификацине ӳстерес тата вĕсене практикăлла ĕçре пулăшас тĕлĕшпе мĕн туни çинчен республикăн главнăй хирургĕ, Чăваш АССР Верховнăй Совет депутачĕ И. М. Кузнецов юлташ пирĕн корреспондента çапла каласа пачĕ:

— Район центрĕсенчи тата ялсенчи больницăсенче ĕçлекен врачсен квалификацине ӳстерес тĕлĕшпе пĕлтĕр пысăк ĕçсем туса ирттернĕ. Шупашкарта ятарласа курс уçса, унта ялсенче ĕçлекен врачсене чĕнтĕмĕр. Темиçе уйăх хушши вĕренсе, вĕсем малта пыракан совет медицини наукин çĕнĕ ӳсĕмĕсемпе паллашрĕç, практикăлла ĕçре хăйсен квалификацине ӳстерчĕç. Çакăн хыççăн вырăнсенче ĕçсынисене медицина енĕпе пулăшасси чылай лайăхланчĕ. Акă, сăмахран, Кире больницинех илер. Унта ĕçлекен А. Малашенко врач курсран килнĕ хыççăн апендицитпа чирленĕ 7 çынна, вар-хырăм чирĕпе чирлисене темиçе çынна операци тунă. Вĕсем пурте сывалнă. Çакăн пек тĕслĕхсем татах та нумай илсе кăтартма пулать.

Операци тунă чухне врачсене сестрасем нумай пулăшаççĕ. Операци ăнăçлă иртесси вĕсем пĕлсе тата лайăх ĕçленинчен те нумай килет. Сестрасен квалификацине ӳстерме пĕлтĕр уйăх çурă тата икĕ уйăх ĕçлекен курссем организациленĕ.

Эпир республика столицинчи клиникăсенче ĕçлекен опытлă врачсем районсене тата ялсене тăтăшах тухса çӳрессине лайăх йĕркелерĕмĕр. К. Пайраш, А. Никитин, Н. Ананьев, Н. Николаева тата ытти врачсем, ялсене кайса, час-часах кăткăс операцисем тăваççĕ, вырăнсенчи врачсене операци тума вĕрентеççĕ. Иртнĕ çул чылай районсенче вырăнсенче ĕçлекен врачсемпе сестрасем валли медицина наукин çитĕнĕвĕсем çинчен вуншар лекци ирттернĕ.

Чĕрене операци тăвасси чи йывăр та кăткăс операцисенчен пĕри шутланать. Çакăн пек операцие чи малтан 1952 çулта СССР Медицина наукисен Академийĕн президенчĕ А. Бакулев тунă. Ун хыççăн Мускаври тата ытти пысăк хуласенчи клиникăсенче ăста хирургсем чĕрене операци тума тытăннă. Пирĕн республикăра 1955 çулччен чĕре суранне çĕлени кăна пулнă. Иртнĕ çул висĕ çынна чĕрисене операци турăмăр. Вĕсенчен иккĕшне эпĕ, теперне Чăваш АССР тава тивĕçлĕ врачĕ П. Ермолаев юлташ операци турĕ. Çак ĕçре пире Чăваш АССР-ĕн тава тивĕçлĕ врачĕ П. Н. Осипов юлташ нумай пулăшрĕ. Çапла вара висĕ операци те ăнăçлăн иртрĕç. Чирлисем, лайăх сывалса тухса, ĕçе тытăнчĕç.

## РАДИОПА ПАРАКАН ПЕРЕДАЧĂСЕМ

### ЯНВАРЕН 5-МЕШЕНЧЕ

8.20—Литература передачи. Тутар поэчĕ Шериф Мадеррис микрофон умĕнче тухса калани. 8.30—Тутар юррисенчен йĕркеленĕ концерт. 8.55—Пĕлтерӳсем. 18.30—Çĕнĕ хыпарсем чăвашла. 18.50—КПСС историне вĕренекенсене пулăшма «Коммунистсен партийĕ йывăр индустрие малалла аталантарассишĕн пыракан кĕрешӳре». 19.20—Радио итлекенсем ыйтнипе йĕркеленĕ концерт, 19.45—Çĕнĕ хыпарсем вырăсла.

### ТӲРЛЕТНИ

«Коммунизм ялавĕ» хаçатăн 1956 çулхи январĕн 3-мĕшĕнче тухнă номерĕнче висçĕмĕш страницăри ӳкерчĕксем айĕнчи текст типографи айăпĕпе йăнăш кайнă. Ăна çапла тӳрлетсе вуламалла: Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозри малта пыракан дояркăсемпе свинаркăсем (сулахайран сылтăмалла): А. Н. Талаева, Т. П. Першуткина, А. П. Чигитова, М. Т. Палагина, З. А. Новикова, Н. А. Ванюхина, В. С. Катанаева, А. Н. Оленина, К. А. Ситухина юлташсем.

Редактор М. Н. ЯКИМОВ.



### ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ: январĕн 4-мĕшĕнче кăнтăрла «Несчастный случай», каçхине «Живой портрет», январĕн 5-мĕшĕнче кăнтăрла «Живой портрет», каçхине «Домовой».

### КИНО

«РОДИНА». Январĕн 4-мĕшĕпе 5-мĕшĕнче 10, 12 тата 14 сехетсенче çĕнĕ илемлĕ фильм «Дым в лесу», 16, 18.15, 20 тата 22 сехетсенче «Матрос Чижик» кăтартаççĕ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—3-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-90, обзорсен пайĕ—6-04, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—3-04, литературăпа искусство пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-88.

ЧГ 00008 (чăвашла)

Типографи № 1 Министерства культуры Чувашской АССР.

Заказ № 16, Тираж 37.000 экз.